Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Февраль 22 Вырсарникун № 37 (8946)

35-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паян—вырăнти Советсене суйламалли кун.

*Пурте суйлава!*

*Сывă пултăр аслă Ленин—Сталин партийĕ—пирĕн çĕршыври коммунизм строительствине хавхалантаракан тата организаторĕ!*

*Ленин ялавĕпе, Сталин юлташ ертсе пынипе, малалла—коммунизм çĕнтерĕвĕ патне!*

«Суйлавçăсен, халăхăн хăйсен депутачĕсенчен çакна ыйтмалла: депутатсем хăйсен задачисен çӳлĕшĕнче тăччăр; вĕсем хăйсен ĕçĕнче политикăллă обывательсен картне анса ан ларччăр; вĕсем Ленин сăнарлă политикăллă деятельсен вырăнĕнче тăччăр; вĕсем, Ленин пекех, яр уçă та паллă деятельсем пулччăр; вĕсем, Ленин пекех, кĕрешӳре нимрен хăраман тата халăх тăшманĕсене нимĕн хĕрхенмен çынсем пулччăр; вĕсем, ĕç йывăрланма пуçласан, горизонтра мĕнле те пулин хăрушлăх паларса тухма пуçласан, кирек мĕнле хăраса ӳкесрен те, кирек мĕнле хăраса ӳкес пеккинчен те, Ленин пекех, ирĕклĕ пулччăр; вĕсем кирек мĕнле хăраса ӳкес пеккинчен те ирĕклĕ пулччăр; пысăк ыйтусене татса панă чухне, пур енлĕ ориентаци тата пĕтĕм плюссемпе минуссене пур енчен те учета илмелле çĕрте вĕсем, Ленин пекех, ĕçе аслă та васкамасăр тăвакансем пулччăр; вĕсем, Ленин пекех, тĕрĕс те тӳрĕ кăмăллă пулччăр; вĕсем хамăр халăха, Ленин юратнă пекех, юратчăр».

*(И. В. Сталин юлташ Мускав хулинчи Сталински суйлав округĕнчи суйлавçăсен суйлав умĕнхи пухăвĕнче 1937 çулхи декабрĕн 11-мĕшĕнче каланă сăмахран).*

# СУЙЛАВ КУНĔ

Паян Россия федерацийĕнче тата союзлă ытти чылай республикăсенче вырăнти Советсене суйлаççĕ.

Советсен суйлавĕ пирĕн çĕршыври халăхăн пурнăçĕнче пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăрать. Суйлав кунне пирĕн халăх чаплă уяв пек ирттерет. 1937 çулхи декабрĕн 11-мĕшĕнче Сталин юлташ Мускаври Сталински суйлав округĕнчи суйлавçăсен пухăвĕнче пирĕн суйлавсем чăннипех те пĕтĕм халăх уявĕ пулса тăнине, пирĕн çĕршыври пек чăннипех ирĕклĕ суйлавсем тĕнчере нихçан та пулманнине палăртнă.

Паянхи суйлав совет халăхĕн политикăллă тата производствăллă çĕкленĕвĕ нихçанхинчен те ытларах вăйланнă вăхăтра иртет. Пирĕн халăх Ленин—Сталин партийĕ ертсе пынипе тунă пысăк çитĕнӳсемпе савăнать.

Аслă Ленинăн вилĕмсĕр сăмахĕсем — «Коммунизм вăл—Совет влаçĕ тата çĕршыва электрификацилени» тесе калани пурнăçа кĕрсе пырать, çавна май халăх хуçалăхĕнче чаплă çитĕнӳсем тума, çутçанталăка урăхлатса çĕнетме лайăх майсем пулса тăчĕç.

Марксизм-ленинизм теорине пĕрмаях малалла аталантарса пыракан аслă çул пуçăмăрпа учителĕмĕр Сталин юлташ «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă генилле произведенире коммунизм тумалли çула яр-уççăн çутатса пачĕ. Сталин юлташăн çак классикла ĕçĕ тата партин XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсем коммунизм строителĕсене çĕнĕ çĕнтерӳсемшĕн пĕтĕм вăйя хурса ĕçлеме хавхалантараççĕ.

Совет çĕршывĕн çитĕнĕвĕсем чăннипех те пысăк. Çав çитĕнӳсене тăвассишĕн пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле пирĕн республикăри ĕççыннисем те чунтан-чĕререн тăрăшрĕç.

Иртнĕ çулхи производство планне малта пыракан предприятисем ăнăçлă тултарчĕç. Шупашкарти Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ завода тăваттăмĕш кварталти программăна лайăх тултарнăшăн СССР Министрĕсен Совечĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне панă. Лента тĕртекен фабрика коллективĕ тăваттăмĕш кварталти çитĕнӳшĕн ВЦСПС-па СССР Çăмăл промышленность министерствин куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне илме тивĕçлĕ пулчĕ. Республикăри чылай предприятисен, промысла артелĕсен коллективĕсем, колхозсем вырăнти Советсен суйлавĕ ячĕпе анлă сарăлнă социализмлă ăмăртура илнĕ обязательствăсене ăнăçлă тултарчĕç.

Республикăри ĕççыннисене партин XIX-мĕш съезчĕ Шупашкар патĕнче Атăла пĕвелесе гидроэлектростанци лартас ĕçе пуçăнма йышăнни питех те хаваслантарать.

Республикăри обществăллă организацисемпе ĕççыннисен пухăвĕсем вырăнти Советсене депутата суйлама халăхăн чи лайăх ывăл-хĕрĕсене, Тăван çĕршыва, Ленин—Сталин партине паранă çынсене кандидата тăратрĕç. Суйлавçăсем кандидатсемпе тĕл пулнă пухусенче вырăнти Советсене наказсемпе паха сĕнӳсем нумай пачĕç, хăйсем хамăр çĕршывăн пуянлăхне нумайлатма, халăх пурнăçĕпе культурине ӳстерме пулăшма тăрăшнине кăтартрĕç.

Вырăнти Советсене депутата суйлама халăх уйăрнă çынсем — коммунистсемпе партире тăманнисен блокĕн кандидачĕсем. Коммунистсемпе партире тăманнисен политикăллă союзĕ вĕсем социализмлă обществo тăвассишĕн, çĕршывăн ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн пĕрле кĕрешнĕ çĕрте çирĕпленсе пычĕ. Коммунистсемпе партире тăманнисем коммунизм тăвассишĕн пĕрле кĕрешеççĕ. Çакна лайăх ăнланса, паян пирĕн суйлавçăсем вырăнти Советсене суйлама тăратнă кандидатсемшĕн пĕр шухăш-кăмăллă пулса сасăлаççĕ.

Паян суйлавçăсем, коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсемшĕн сасăласа, партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене тата Сталин юлташăн кăтартăвĕсене пурнăçлама хатĕр пулнине тепĕр хут кăтартса парĕç.

— Паян, пĕтĕм халăх уявĕн кунĕнче, эпир коммунизм тăвас ĕçре малалла кайма хавхалантаракан, коммунизм строительствине ертсе пыракан Ленин—Сталин партине, Совет правительствине, аслă Сталина чунтан-чĕререн тав тăватпăр,—тесе çыраççĕ паянхи номерте пичетленекен çырура Шупашкарти лента тĕртекен фабрикăра ĕçлекенсем.

Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводри паллă стахановка В. Митрофанова юлташ хăй паян телейлĕ пурнăçшăн, промышленноçа вăйлатса пырассишĕн сасăлани çинчен пĕлтерет. Савăнăçлă пурнăç туса панăшăн Сталин юлташа тав тăвать.

Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри доярка А. Лесникова юлташ: эпир социализмлă Тăван çĕршыв вăй-хăватне ӳстерессишĕн, социализмлă ялхуçалăхне тата ытларах чечеклентерессишĕн, обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри çĕнĕ çитĕнӳсемшĕн сасăлатпăр, тесе çырать.

Çĕмĕрлерен И. Масловпа И. Дмитриев суйлавçăсем Тăван çĕршыв вăй-хăватне ӳстерессишĕн, халăх пурнăçне лайăхлатассишĕн сасăлатпăр, тесе пĕлтереççĕ.

Истори наукисен кандидачĕ, Чăваш педагогика институчĕн директорĕн заместителĕ В. Каховский юлташ институт преподавателĕсемпе студенчĕсем социализмлă культурăна тата ытларах чечеклентерессишĕн сасăлĕç, тесе пĕлтерет.

Суйлавçăсем паянхи кун Совет çĕршывĕнчи халăхсен туслăхне, моралльлĕ-политикăллă пĕрлĕхне тĕреклетессишĕн, Совет Союзĕн тулашри мирлĕ политикишĕн, демократиллĕ лагерь вăйланса пырассишĕн сасăлĕç.

Коммунистсемпе партире тăманнисен блокĕн кандидачĕсемшĕн сасăласа, кашни суйлавçă пирĕн çĕршывăн чиккисене хуралласа тăракан, çĕршыв интересĕсене тата совет халăхĕн мирлĕ ĕçне хӳтĕлекен Хĕçпăшаллă Вăйсем тĕрекленсе пычăр тесе сасăлать.

Суйлавçă юлташсем!

Коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсемшĕн сасăласа, хамăрăн пĕрлĕхе, хамăр Ленин—Сталин партийĕ тавра тачă пĕтĕçсе тăнине тата тепĕр хут кăтартса парар!

Пурте суйлава!

## Телейлĕ пурнăçшăн

1952 çулта пирĕн Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводри рабочисен савăнăçлă та паллă кунсем нумай пулчĕç. Пирĕн слесарьсем, токарьсем, фрезеровщиксем тата ытти рабочисем хăйсен ĕç нормисене ирттерсе тултарса пычĕç. Ĕçри ӳсĕмсемпе хавхаланса, вĕсем çĕнĕ пысăк обязательствăсем илчĕç. Кашни цех мала тухассишĕн ăмăртса ĕçлерĕ. Ăмăртура мала тухнă цехсене куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавсем пачĕç, вĕсене заводăн Хисеп хăми çине кĕртрĕç.

Завод коллективĕ электропромышленность предприятийĕсен социализмлă ăмăртăвĕнче 1952 çулхи тăваттăмĕш кварталта мала тухрĕ. Çавăншăн завода ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавĕсене пачĕç.

Çак пысăк награда ĕçлес кăмăла çĕклерĕ.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ Шупашкар тĕлĕнче гидроэлектростанци тума тытăнасси çинчен решени йышăнни пире питех те хаваслантарчĕ. Заводри рабочисем çĕнĕ иксĕлми вăйпа ĕçлеме пикенчĕç. Часах пирĕн тăван республикăн столици—Шупашкар патĕнче те коммунизмăн аслă стройкин çутти сем ялкăшма тытăнĕç.

Заводри рабочисен политикăллă тата производствăллă çĕкленĕвĕ кунтан-кун ӳсе пырать. Производствăри новаторсен йышĕ пысăкланать.

Акă, пирĕн бригадăри слесарь-сборщиксен ĕçнех илер.

Атăлпа Дон хушшинчи В. И. Ленин ячĕпе тăракан канал валли, Сталинградпа Куйбышев гидроэлектростанцийĕ тата ытти коммунизм стройкисем валли эпир контакторсем, управлени блокĕсем нумай туса кăларса, стройкăсене ăсатрăмăр. Пире çак заказсене пурнăçлама парсан, эпир кашниччех вĕсене хапăл туса йышăнтăмăр, срокчен тата лайăх туса хатĕрлеме сăмах патăмăр, панă сăмаха ялан чыслăн пурнăçласа пытăмăр.

Хамăр илнĕ обязательствăсене ăнăçлă пурнăçлассишĕн кĕрешнĕ чухне ĕç технологине лайăхлатас, аппаратсене хăвăртрах пухса хатĕрлемелли çĕнĕ меслетсем тупас тесе чылай шухăшламалла пулчĕ. Çĕнĕ меслетсемпе ĕçленипе, эпĕ тата манăн бригадăри Тамара Алексеева, норма тăрăх управлени блокĕсем 12 пухмалла чухне, 20-шер блок пухма тытăнтăмăр.

Анчах эпир çакăн пек çитĕнӳ тунипе лăпланса лармастпăр. Эпир ĕç тухăçлăхне ӳстерме май паракан çĕнĕ майсем тупма, çĕршыв валли ытларах продукци туса кăларма тăрăшатпăр.

Паян—суйлав кунĕнче—хамăрăн ĕçри çитĕнӳсем çинчен каласа парса, коммунистсемпе партире тăманнисен блокĕн кандидачĕсемшĕн сасăласа, эпĕ телейлĕ пурнăçшăн, промышленноçа малалла вăйлатса пырассишĕн сасăлатăп, пире савăнăçлă пурнăç туса панăшăн Коммунистсен партине, Совет правительствине, аслă Сталина тав тăватăп.

**В. МИТРОФАНОВА,**
**Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводри слесарь-сборщица.**

## Аслă Сталина тав тăватпăр

Халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсенче те государствăн производство планĕсемпе заданийĕсене чыслăн пурнăçлассишĕн социализмлă ăмăрту сарăлса пырать.

Шупашкарти лента тĕртекен фабрикăри рабочисем, инженерсемпе техниксем, служащисем сталинла пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн иккĕмĕш çулĕнчи заданисене ирттерсе тултарассишĕн ăмăртса ĕçлерĕç, çулталăка ăнăçлă вĕçлерĕç, халĕ кăçалхи плана ăнăçлă тултарассишĕн тимлĕн тăрăшаççĕ. Фабрика иртнĕ çулхи тăваттăмĕш кварталти тата 1953 çулхи январь уйăхĕнчи плансене пур енĕпе те иртттерсе тултарчĕ.

Тăваттăмĕш кварталти социализмлă ăмăрту итогĕсем тăрăх фабрика ВЦСПС-па Совет Союзĕн Çăмăл промышленность министерствин тата Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавĕсене илме тивĕçлĕ пулчĕ. Фабрикăри стахановецсем куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавсене çулталăк вĕçне ситиччен хамăр алăра тытса тăма сăмах пачĕç.

Вĕсем чи лайăх продукци кăна туса кăларассишĕн ăмăртса ĕçлеме тытăнчĕç. 1954 çулта Шупашкарта лента тĕртекен çĕнĕ фабрика лартма, унта паха оборудовани вырнаçтарма пăхнине фабрика коллективĕ пысăк хаваслăхпа кĕтсе илчĕ.

Пирĕн коллектив хула Советне депутата суйлама фабрика директорне Николай Алексеевич Байков юлташа, Вера Ефимовна Ефимова ткачихăна кандидата тăратнă.

Паян, хула Советне суйламалли кун, пирĕн фабрикăри рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсемшĕн пĕр çын пек пулса сасăлаççĕ.

Паян, халăх уявĕн кунĕнче, эпир коммунизм тăвас ĕçре малалла кайма хавхалантаракан, коммунизм строительствине ертсе пыракан Ленин—Сталин партине, Совет правительствине, аслă Сталина чунтан-чĕререн тав тăватпăр.

**З. ДЕРЯБИНА,**
**главнăй инженер.**
**Т. ШЕЛУДЯКОВА,**
**Н. ПИРОГОВА,**
**ткачихăсем.**

## Социализмла культура чечекленсе пытăр

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсенче, Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă генилле произведенийĕнче социализмлă культурăна малалла аталантарас, халăха вĕрентес ĕçе лайăхлатса пырас енĕпе пысăк задачăсем кăларса тăратнă.

Парти съезчĕ идеологиллĕ ĕçе вăйлатма хушрĕ. Çакă вара пирĕн шкулсенче, уйрăмах аслă шкулсенче вĕрентӳпе воспитани ĕçĕн идейăллă шайне çӳлĕ пусăма хăпартма кирли çинчен калать. Пирĕн шкулсĕн коммунизм тăвас тĕлĕшпе пĕлсе тата хастарлă ĕçлекенсене вĕрентсе хатĕрлемелле.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра республикăсен столицисенче, республикăсене пăхăнса тăракан хуласенче, область, край центрĕсенче тата пысăк промышленноçлă центрсенче çичĕ çул вĕрентес ĕçрен пурне те вăтам пĕлӳ памалла (вунă çул вĕрентмелле) тăвас йĕрке çине куçмалла, тепĕр пилĕкçуллăхра пур çĕрте те çамрăксене вунă çул вĕрентме тытăнма условисем хатĕрлемелле. Пилĕкçуллăхра вăтам шкулсенче политехникăллă вĕрентĕве пурнăçлама тытăнмалла. Çак задачăсене пурнăçлама политика тĕлĕшĕнчен пиçĕхнĕ, наукăна лайăх вĕреннĕ кадрсем кирлĕ.

Пирĕн республикăра халăха вĕрентес ĕçри кадрсене Чăваш педагогика институчĕ вĕрентсе хатĕрлеме тивĕçлĕ. Çавăнпа та пирĕн институт коллективĕн хăйĕн ĕçне çĕнĕ задачăсен çӳлĕшне çĕклемелле, хăйĕн ĕçне чыслăн пурнăçласа пымалла. Çак пархатарлă ĕçе пурнăçласа пыма пирĕн кадрсем йышлă. Институтра 95 преподаватель ĕçлет, вĕсем хушшинче наукăсен кандидачĕсемпе доцентсем 33, филологи наукин докторĕсем 2 çын.

Преподавательсен коллективĕ учительсем вĕрентсе кăларас ĕçре пысăк опыт пухнă. 33 çул хушшинче педагогика институчĕ 1.617 çын вĕрентсе кăларнă, унăн çумĕнчи учительски институтран 2.098 çын вĕренсе тухнă. Кунсăр пуçне, институтран заочнă вĕренсе тухнисем нумай. Педагогика институчĕ халĕ кашни çул пĕрремĕш курса 400 çын вĕренме илет.

Педагогика институтĕнчи наука работникĕсем хăйсен умĕнче питех те пысăк задачăсем тăнине лайăх ăнланаççĕ. Вĕсем Сталин юлташăн генилле çĕнĕ произведенине, партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене тĕплĕн вĕренме, вĕрентӳпе воспитани тата наукăпа тĕпчев ĕçне парти хушнă пек урăхлатса çĕнетме тăрăшаççĕ, ку енĕпе ывăнма пĕлмесĕр ĕçлеççĕ.

Пирĕн преподавательсемпе студентсем суйлав кампанине активлă хутшăнчĕç, суйлавçăсене парти решенийĕсене тата суйлав законне ăнлантарса парас тĕлĕшпе тимлĕ ĕçлерĕç. Вĕсем суйлав кунĕнче те хăйсен организованноçне кăтартĕç. Вĕсем, коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсемшĕн пĕр шухăшлă пулса сасăласа, социализмлă культурăна тата ытларах чечеклентерессишĕн сасăлĕç.

**В. КАХОВСКИЙ,**
**истори наукисен кандидачĕ, институт директорĕн заместителĕ.**

## *Вăйлă тырпул мастерĕ*

Кольцовкăри Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхозри 13 Социализмлă Ĕç Геройĕ хушшинче эпир Петр Прокопьевич Пупин хушаматне куратпăр.

Орденлă колхозри колхозниксем хăйсен пĕрремĕш пилĕк çуллăх планне тунă хыççăн 1946 çулта вăйлă тырпулшăн кĕрешӳве тухрĕç. Колхоз производствин командирĕсем хушшинче виççĕмĕш бригада бригадирĕ П. П. Пупин юлташ та кĕрешӳве хутшăннă.

Вăл, бригадăна ертсе пырса, çĕрĕç культурине ӳстерессишĕн çине тăрса кĕрешнĕ. Бригадăра вунă пусăллă пусă çаврăнăшĕ туса хунă, тарăн сухалама тытăннă, уй-хире тислĕк тата минераллă удобренисем нумай кăларнă, паха вăрлăхсем акма тытăннă, тырпула лайăх пăхса ӳстернĕ. Ĕçе тĕрĕс организацилени мĕнпур уй-хир ĕçĕсене агротехника тĕлĕшĕнчен лайăх срокĕсенче ирттерме пулăшнă.

Малта пыракан совет агрономи наукин хушнă пек ĕçленипе П. П. Пупин юлташ ертсе пыракан бригадăра тĕштырă культурисем гектартан 180 пăт тата ытларах та туса илме пуçланă. 1948 çулта çанталăк шăрăх тăчĕ пулин те бригада гектар пуçне вăтам шутпа 20-шер центнер тырă туса илнĕ.

Правительство П. П. Пупин юлташ ĕçне пысăка хурса хакларĕ: 1947 тата 1948 çулсенче вăйлă тырпул туса илнĕшĕн ăна икĕ хутчен Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕпе наградăларĕ.

1949 çулта бригадă çĕнĕ çитĕнӳсем тунă. 52 гектар çинчен ун чухне гектар пуçне 31,4-шер центнер ыраш пухса кĕртнĕ. СССР Верховнăй Совет Президиумĕ 1950 çулхи июлĕн 13-мĕшĕнче кăларнă Указ тăрăх П. П. Пупин юлташа Социализмлă Ĕç Геройĕ ятне панă. 1950 çулта бригада 24 гектар çинчен гектар пуçне 34,5-шер центнер тулă, 61 гектар çинчен гектар пуçне 24,4-шер центнер ыраш туса илнĕшĕн 1951 çулта Пупин юлташа иккĕмĕш хут Ленин орденĕпе наградăланă.

Кольцовка ял Совечĕн депутачĕ пулнă май, Пупин юлташ ял Советĕнче сывлăхпа благоустройство ĕçĕн яланхи комиссине ертсе пырать. Вырăнти Советсен юлашки суйлавĕ хыççăн Кольцовкăра больница уçнă. Унта физиотерапипе рентген кабинечĕсем ĕçлеççĕ. Ялта автоматлă телефон станцийĕ туса лартнă. Пысăк пĕве тунă. Йывăççем нумай лартнă. Çак ĕçсене Петр Прокопьевич активлă хутшăннă.

Пупин юлташ колхозăн обществăллă хуçалăхне вăйлатас ĕçе нумай вăй хурать, партин XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсене пурнăçлассишĕн кĕрешет.

Суйлавçăсем ĕççынни депутачĕсен Вăрнар райсоветне депутата суйламалли 19-мĕш Зеленовка суйлав округĕ тăрăх депутата суйлама Пупин юлташа кандидата тăратрĕç. Суйлав кунĕ вĕсем пурте пĕр çын пек пулса Пупин юлташшăн сасăлĕç.

Кольцовка ял Советне депутата суйлама вăтам шкулти учительницăна Н. И. Чуракова юлташа, паллă дояркăна Н. П. Кузина юлташа тата ĕçре палăрнă ытти çынсене те кандидата тăратнă.

**Коллективлă корреспондент—«Сталинец» хаçат редакцийĕ.**

# КОММУНИСТСЕМПЕ ПАРТИРЕ ТĂМАННИСЕН СТАЛИНЛА БЛОКĔН КАНДИДАЧĔСЕМШĔН САСĂЛАР!

Ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Советне депутата суйламалли кандидатсем (сулахайран сылтăмалла): **А. В. Кузнецов**, Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводри газосварщик; **З. А. Давыдова**, кондитерски фабрика цехĕн бригадирĕ; **Г. В. Шапошников**, «Росглаввино» эрех комбинатĕнчи тимĕрçĕ; **А. А. Артемьева**, Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводăн цехри мастерĕ; **К. С. Мефодьева**, пир-авăр комбинатĕнчи прядильщица; **А. С. Старостин**, Шупашкарти энергетика техникумĕн преподавателĕ; **Л. Н. Жукова**, Шупашкарти сыхăну кантурĕн надсмотрщикĕ; **М. С. Миролюбова**, трахоматознăй институтăн научнăй сотрудникĕ: **М. М. Михайлов**, Шупашкарти «Кооператор» промысла артелĕн станочникĕ; **И. Д. Андрюшкин**, «Легпромстройăн» 11-мĕш тресчĕн платниксен бригадин бригадирĕ.

## Çамрăк суйлавçăсем

Герберт Харитонов тата унăн юлташĕсем — Калистрат Никитин, Витя Артюшкин, Катя Семенова, Зина Пушкина, София Горшкова суйлав кунĕ тĕлне вунсакăр çул тултарчĕç. Акă, паян вĕсем чунтан кĕтнĕ чаплă та аслă кун çитрĕ. Пĕрремĕш хут вĕсем суйлав участокĕсене пырса коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсемшĕн сасăлаççĕ.

Герберт Харитоновпа унăн тантăшĕсем, мĕнпур совет çамрăкĕсем пекех, — тĕнчери чи телейлĕ çамрăксем. Вĕсене Сталинла Конституци пысăк правăсем панă. Çав правăсемпе вĕсем те, Совет Союзĕнчи пур граждансемпе пĕр пекех, анлăн усă кураççĕ. Вĕсем умĕнче—пурнăçăн анлă çулĕ уçă. Кăçал вĕсем вуннăмĕш класс пĕтерсе тухса аслă шкулсене вĕренме кĕме ĕмĕтленеççĕ. Çакна пурнăçлама юратнă Сталин аттемĕр пур майсем те туса пачĕ. Вĕсем пур предметсемпе те лайăх паллăсемпе вĕренеççĕ.

Çамрăксене шкулсенче вĕренсе, телейлĕ пурнăç çулĕ çине тухма мĕнпур майсем туса панă пĕтĕм этемлĕхĕн аслă генийне, юратнă çулпуçа тата учителе аслă Сталина пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле Г. Харитоновпа унăн юлташĕсем те чĕререн тав тăваççĕ, коммунистсемпе партире тăманнисен блокĕн кандидачĕсемшĕн, хамăрăн малашнехи телейшĕн, савăнăçлă пурнăçшăн сасăлаççĕ.

**Г. ЛУКОЯНОВ.**

**Сĕнтĕрти вăтам шкул.**

## Халăх пурнăçĕ малалла лайăхланса пытăр

Иртнĕ суйлавранпа Çĕмĕрле хула Совечĕ хулари пурнăç условийĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе, благоустройство енĕпе чылай ĕçсем туса ирттерчĕ. Икĕ суйлав хушшинче хулара çичĕ çул вĕренмелли çĕнĕ шкул çуртне туса лартнă. Унта халĕ 450 ача ытла вĕренет. Хула территорине кĕрекен Паланти пуçламăш шкул вырăнне çичĕ çул вĕренмелли шкул уçнă. Хулари шоссе çулĕсемпе тротуарсене чылай юсанă. Щербаков урамĕпе Жданов урамне чул сарса тухнă, икĕ енĕпе йывăççем лартса тухнă. Иртнĕ çулта хулари кану паркне уçнă. Халĕ пасар площадне юсаса çĕнетеççĕ. Кунта çĕнĕ магазин уçнă, суту-илӳ палаткисем тăваççĕ. Пасар площадĕнчех икĕ чайнăй тума тытăннă.

Çĕмĕрле—ӳссе пыракан социализмлă хула. Хула çултан-çул ӳссе сарăлса пырать, çавăнпа пĕрлех унăн нушисемпе ыйтăвĕсем те ӳсеççĕ. Хула Совечĕ умĕнче тăракан чи çивĕч ыйту вăл—хула халăхне электричество сутипе шыв çителĕклĕ парса тăмалла тăвасси пулать.

Çĕмĕрле хулинче халĕ икĕ вăтам шкул, çичĕ çул вĕренмелли виçĕ шкул ĕçлет. Вĕсенче икĕ пин ача ытла вĕренет. Кунсăр пуçне, ремесленнăй училищĕпе ФЗО шкулĕнче ачасем йышлă вĕренеççĕ. Пĕлтĕр ачасем валли ятарласа библиотека уçрĕç. Анчах ăна тăвăр пӳлĕм пачĕç, вуламалли зал тивĕçтерейместь. Çавăнпа та хула Совечĕпе район Совечĕ умне пионерсен çуртне тăвас задача тухса тăрать. Юннатсен станцине пионерсен çурчĕ тесе ят пани кăна ку ыйтăва татса параймасть. Çамрăксен натуралистла ĕçĕ пионерсен çурчĕ ирттерекен нумай енлĕ ĕçсенчен пĕри кăна пулса тăрать. Фотокружока тата ытти кружоксене çыранма юннатсен станцине вуншар ача çӳрет. База çук пирки станци вĕсен ыйтăвĕсене тивĕçтерейместь.

Районпа хула Совечĕсен çĕнĕ составне пирĕн çавнашкалах суту-илӳ организацийĕсемпе медицина учрежденийĕсен ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе те ытларах ĕçлеме сĕнес килет. Вĕсем суйлавçăсен анлă масси паракан сĕнӳсене хăйсен малашнехи ĕç программи вырăнне хурса, çав сĕнӳсене пурнăçлассишĕн çине тăрса кĕрешĕç, пирĕн шанăçа тӳрре кăларĕç, тесе паянхи суйлав кунĕнче эпир çирĕп шанса тăратпăр.

Паян эпир, коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсемшĕн сасăласа, Тăван çĕршыв хăватне ӳстерессишĕн, халăх пурнăçне лайăхлатассишĕн сасăлатпăр.

Суйлавçăсем: **И. МАСЛОВ, И. ДМИТРИЕВ.**

## Паллă стрелочник

КУСЛАВККА. Иван Михайлович Охримов юлташăн ыррă ятне районти ĕççыннисем кăна мар, Хусан чугун çулĕ çинче ĕçлекенсем те сума суса асăнаççĕ.

Охримов юлташ Тĕрлемес станцинче 25 çул ытла стрелочник пулса ĕçлет.

Иван Михайловичăн стрелка хуçалăхĕ пĕрмаях юсавлă. Чугун çул транспорчĕ çинче хастарлă ĕçленĕшĕн ăна икĕ хутчен Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕ, «1941—1945 çулсенчи Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче хастарлă ĕçленĕшĕн» медаль, «Ударнику Сталинского призыва», «Отличный движенец» значоксем тата Хисеп грамотисем парса наградăланă.

Тĕрлемес ял çыннисем И. М. Охримов юлташа ял Советне 17-мĕш суйлав округĕ тăрăх депутата суйлама кандидата тăратнă.

**Н. АНИСИМОВ.**

## Çитрĕ суйлав кунĕ

Кăвакарчĕн шурăмпуçĕ,  
Февраль ирĕ пуçланать.  
Ир илемлĕ, сывлăш уçă,  
Ырă кăмăл хускалать.  
Çитрĕ акă суйлав кунĕ,  
Ăна кĕтнĕ тахçанах.  
Кунсерен-çке пурнăç пирĕн  
Чаплăрах та савăкрах.  
Совета паян суйлатпăр,  
Чи мухтавлă çынсене.  
Вĕсене шанса калатпăр  
Халăхсемшĕн ĕçлеме.  
Çут телейшĕн сасăлатпăр,  
Бюллетень алла илсе,  
Сĕршыв пирĕн вăйлă пултăр,  
Çирĕп пултăрччĕ тесе.  
Паян халăхăн уявĕ,  
Суйлав — пирĕн вăй-хăват.  
Сталин—халăхăн мухтавĕ,  
Сталин—аслă депутат!

**М. ВАСИЛЬЕВ.**

**Вăрнар районĕ, Ураваш ялĕ.**

## Тулли кăмăлпа

Сталинла Конституци пире аслă правăсем пачĕ. Çак правăсемпе усă курса, совет халăхĕ телейлĕ, савăнăçлă пурăнать, коммунизм строительствинче активлă ĕçлет.

Паян, вырăнти Советсен суйлавĕ кунĕнче, эпир хамăрăн шанчăклă çынсемпĕн хавасланса сасăлатпăр. Пирĕн кандидатсем—Тăван çĕршывăн чи шанчăклă ывăлĕсемпе хĕрĕсем. Вĕсен пурнăçĕпе ĕçĕсем совет халăхĕн интересĕсемпе тачă çыхăнса тăраççĕ.

Паян—суйлав кунĕ. Эпĕ, Сталинла Конституци панă правăсемпе усă курса, коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн шанчăклă кандидачĕсемшĕн—район Советне депутата суйлама кандидата тăратнă М. Н. Никитина тата ял Советне суйлама кандидата регистрациленĕ учитель А. И. Громов юлташсемшĕн тулли кăмăлпа, пысăк хаваслăхпа сасăлатăп.

**М. ШВЕЦОВ,** учитель.

**Советски районĕ.**

## *Пысăк савăнăç*

Советсене суйламалли куна пирĕн халăх аслă уяв пек ирттерет. Пирĕн çĕршыври суйлавсем—тĕнчери чи демократиллĕ суйлавсем.

Чăваш АССР Конституцийĕн 102-мĕш статьинче каланă тăрăх, Чăваш АССР-ĕн кашни гражданинĕ, 18 çула çитнĕ пулсан, вăл мĕнле раса тата мĕнле наци çынни пулнине, мĕнле тĕн тытнине, мĕн чухлĕ вĕреннине, хĕрарăм е арçын пулнине пăхмасăр, суйлавра депутатсене суйлама тата хăй суйланма пултарать.

Ку статьяри сăмахсем пирĕн çĕршыври Конституци тĕнчери чи демократиллĕ Конституци пулнине лайăх кăтартса параççĕ.

Эпир Сталинла Конституци хĕвелĕ çутатса тăракан, коммунизм патне хăвăрт пыракан социализмлă хăватлă çĕршывра пурăнатпăр. Эпир, кăçал 18 çула çитнисем, пĕрремĕш хут суйлава хутшăнатпăр.

Суйлава хутшăнни—пысăк савăнăç!

Çамрăк суйлавçăсем! Эпĕ сире пурне те суйлав кунĕнче пĕр кăмăллă пулса юратнă Тăван çĕршывăн чи лайăх ывăлĕсемпе хĕрĕсемшĕн сасăлама чĕнетĕп.

**А. ПЕТРОВ,**

**Чăваш ялхуçалăх институчĕн студенчĕ.**

## Ĕçпе кĕрешӳре ӳснĕ работница

Çĕрпӳри пир-авăр фабрикинчи рабочисемпе работницăсем тата инженерсемпе техниксем район Советне депутата суйлама, пурте пĕр шухăшлă пулса, фабрикăри паллă стахановкăна Мария Матвеевна Петровская юлташа кандидата тăратрĕç.

Мария Матвеевна Çĕрпӳрех, чухăн хресчен çемйинче çуралса ӳснĕ. Унăн ашшĕамăшĕ, Октябрьти революциччен пĕр пуçăм çĕр тытса курайманскерсем, купецсемпе кулаксем патĕнче тарçăра пурăнса ирттернĕ, Совет влаçĕ вăхăтĕнче çеç телейлĕ те ирĕклĕ пурнăç тупнă.

Петровская юлташ пирĕн фабрикăна 1947 çулта килсе кĕчĕ. Малтанах вăл çип чĕркекен станок умĕнче ученица пулса ĕçлерĕ, виçĕ уйăх иртсенех хăй тĕллĕн тата тухăçлă ĕçлеме вĕренсе çитрĕ. Нумай та вăхăт иртмерĕ, вăл нормăна ирттерсе тултарма пуçларĕ.

Петровская юлташ хăй ку чухнехи техникăна тăрăшса вĕреннипе çеç çырлахмасть, малта пыракан тата активлă стахановка пулса, цехри ытти работницăсене те тухăçлă ĕçлеме вĕрентет, хăйĕн паха опычĕпе паллаштарать. Вăл вĕрентнĕ А. Ильина мотальщица тата ыттисем те фабрикăри паллă стахановкăсем пулса тăчĕç.

1950 çулхи декабрьте, вырăнти Советсене суйланă чухне, пирĕн фабрика коллективĕ Петровская юлташа Çĕрпӳ хула Советне депутата суйларĕ. Хăйĕн çине хунă пысăк шанăçа тӳрре кăларас тесе, вăл тата хастарлăрах ĕçлеме тытăнчĕ.

Петровская юлташ — партире тăман работница. Вăл коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн, Ленин—Сталин партийĕн ĕçĕшĕн социализмла Тăван çĕршывăн хĕрӳллĕ патриочĕ пулса кĕрешет. Кирек хăçан та тӳрĕ çын пулнăшăн, хăйне сăпай кăмăллă тыткаланăшăн фабрикăра ăна пурте хисеплеççĕ. Çавăнпа та район Советне хамăрăн 34-мĕш номерлĕ округран депутата суйлама кандидатсем тăратмалли пухура коммунистсем те, партире тăманнисем те чи малтан Петровская юлташăн ятне асăнчĕç.

Эпир çакна çирĕппĕн шанса тăратпăр: паян— государство влаçĕн вырăнти органĕсене суйламалли кун—суйлавçăсем Петровская юлташшăн пурте пĕр çын пек пулса сасăлĕç.

**Т. ФЕДОРОВА,**

**Пир-авăр фабрикинчи партбюро секретарĕн заместителĕ.**

## Вылăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри çĕнĕ çитĕнӳсемшĕн!

Эпир, Совет çĕршывĕнчи хĕрарăмсем, телейлĕ те савăнăçлă пурăнатпăр. Сталинла Конституци панă правăсемпе туллин усă куракан совет хĕрарăмĕсем арçынсемпе пĕртанах Советсене суйлама та, суйланма та пултараççĕ. Пиншер хĕрарăмсем Совет государствин деятелĕсем, ученăйсем, врачсем, наука новаторĕсем, вăйлă тырпул мастерĕсем пулса ĕçлеççĕ.

1951 çулта мана ĕне ферми заведующийĕ пулма уйăрчĕç. Эпĕ хамăн ĕçе юратса тăватăп, фермăри вылăх-чĕрлĕх пăхакансем хушшинче республикăри малта пыракан дояркăсемпе вылăх-чĕрлĕх пăхакансен паха опытне саратăп.

Пирĕн колхозри ĕне ферминче вылăх-чĕрлĕхĕн тухăçлăхĕ кашни çулах ӳссе пычĕ. 1952 çулта эпир кашни ĕнерен вăтам шутпа 1.640 литр сĕт суса илтĕмĕр, 69 ĕнерен 87 пăру пăхса ӳстертĕмĕр. Ĕнесене лайăх пăхнă май фермăри 18 ĕне йĕкĕреш пăруларĕç.

1952 çулта ĕçшĕн хушса тӳленĕ шутпа дояркăсем 1.000 литр сĕт тата пĕрер пăру илчĕç.

Пирĕн фермăри дояркăсем 1953 çулта тата та лайăхрах, тухăçлăрах ĕçлеме обязательствăсем илчĕç.

Суйлав кунĕнче эпир район Советне тата ял Советне суйлама тăратнă кандидатсемшĕн пĕр шухăшпа-кăмăллă пулса сасăлатпăр. Халăхăн чи лайăх ывăл-хĕрĕсемшĕн сасăласа, эпир социализмлă Тăван çĕршывăн хăватне ӳстерессишĕн, социализмлă ялхуçалăхне тата ытларах чечеклентерессишĕн, обществăллă вылăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри çĕнĕ çитĕнӳсемшĕн сасăлатпăр.

**А. ЛЕСНИКОВА,**

**Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри ĕне ферми заведующийĕ.**

## Миршĕн, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн сасăлатăп

Кĕтнĕ кун—февралĕн 22-мĕшĕ—вырăнти Советсене суйламалли кун çитрĕ. Çак куна аслă Тăван çĕршыври ĕççыннисем пысăк çитĕнӳсемпе кĕтсе илчĕç.

Сарлака та аслă Совет çĕршывĕ! Çĕршывра пурăнакан йышлă халăх суйлав правипе анлă усă курать. Эпир, Сталинла Конституци хĕвелĕ айĕнче пурăнакан пĕр тан праваллă совет гражданĕсем, суйлама та, суйланма та пултаратпăр.

Эпĕ вунсаккăр тултартăм. Халĕ ĕнтĕ эпĕ те кăçал суйлава хутшăнатăп, ку вăл маншăн пысăк савăнăç, пысăк телей.

Эпĕ суйлав кунне самолет çинчен, самолет теорине лайăх вĕреннипе кĕтсе илетĕп. Манăн çĕршывăн тӳпинче пулса, социализмлă Тăван çĕршыва, тăван халăха, пирĕн çитĕнӳсене куç шăрçине сыхлана пек тимлĕн сыхлас килет. Пирĕн çĕршывра кашни çыншăнах вĕренме çул уçă, вăл самолетпа вĕçме те, инженер е врач, учитель е артист пулма та вĕренме пултарать.

Хаваслă совет çĕршывĕнче пурăнма! Пирĕн халăх çĕнтерӳллĕн коммунизм патне утать, аслă Атăл çинче пысăк электростанцисем тăвать, пушхирте каналсем чавать, уй-хирсенче вăрмансемпе садсем ӳстерет. Кусем пурте—халăх телейĕшĕн, халăх ырлăхĕшĕн. Пире халăх çулпуçĕ аслă Сталин çĕнтерӳллĕн коммунизм патне ертсе пырать.

Паян эпĕ миршĕн, телейлĕ пурнăçшăн, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн сасăлатăп.

**А. ТРИФОНОВ,**

**Шупашкарти аэроклубра вĕренекен.**

# Совет Союзĕн государство интересĕсен шанчăклă хуралçи

*С. БУДЕННЫЙ*
*Совет Союзĕн Маршалĕ*

1953 çулхи февралĕн 23-мĕшĕнче Совет Союзĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсене организациленĕренпе 35 çул тултарать. Пирĕн халăх çак чаплă куна политикăллă тата ĕçри çĕкленӳ пысăк пулнă лару-тăрура, пиллĕкмĕш сталинла пилĕкçуллăхри пысăк задачăсене пурнăçлас ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем туса пынă лару-тăрура уявлать. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсемпе, И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕпе тата вăл съездра тухса каланă сăмахпа хавхаланнă совет çыннисем коммунизм ялавне çӳлте тытса малалла пыраççĕ.

Совет Союзĕн мухтавлă Хĕçпăшаллă Вăйĕсем пирĕн халăхăн мирлĕ ĕçне шанчăклă хуралласа тăраççĕ. Вĕсем хамăрăн хăватлă Тăван çĕршыва—пĕтĕм тĕнчери мирпе демократи тĕрекне, унăн государство интересĕсене, çĕр чăмăрĕ çинчи мĕнпур ĕççыннисен интересĕсемпе пĕрлешсе тăракан интересĕсене, çивĕччĕн сыхлаççĕ. Çавăнпа ĕнтĕ пирĕн никам çĕнтерейми çар, ирĕклĕх çарĕ пуçланса кайнă кун ăна, *совет çыннисемпе пĕрле, тĕнчери мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисем* чунтан-чĕререн саламлаççĕ. Тĕнчери ĕççыннисем пурте çакна пĕлсе тăраççĕ: *пирĕн Тăван çĕршывăн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем нимĕçсен фашистла тискер кайăкĕн* çурăм шăммине çапса хуçнă, нимĕçсемпе японецсен фашистла пусмăрне аркатса тăкнă. Европăпа Азири халăхсене фашизм чуралăхĕн хăрушлăхĕнчен хăтарнă вăй пулнă. Совет Союзĕ çĕнтерни Европăпа Азири нумай халăхсене капитализм чуралăхне сирсе пăрахма, çĕнĕ пурнăç, социализм тумалли çул çине тăма май пачĕ.

Совет Союзĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем хăйсен 35 çул тултарнине çар ĕçне тата политикăна вĕренсе чаплă çитĕнӳсем тунипе, социализмлă Тăван çĕршывăн кирек мĕнле приказне те пурнăçлама хатĕр тăнипе кĕтсе илеççĕ.

### I.

Коммунистсен партийĕ, ĕççыннисен аслă çулпуçĕсем Ленинпа Сталин туса хунă тата вĕрентсе ӳстернĕ пирĕн Хĕçпăшаллă Вăйсем мухтавлă кĕрешӳ çулне утса тухнă. Вĕсен историйĕ паттăрлăх тĕслĕхĕ, социализмлă Тăван çĕршывшăн пысăк хăватпа кĕрешнине кăтартакан чаплă тĕслĕх, воинсем совет халăхĕ умĕнчи тивĕçе чаплăн пурнăçласа пынине кăтартакан ырă тĕслĕх пулать.

*Пĕтĕм халăх юратакан Совет Çарĕ* пите пысăк революциллĕ вăй пулса тăрать, вăл рабочи класăн тăшманĕсене хăратса, пусмăр тӳсекен мĕнпур ĕççыннисене савăнăç кӳрсе пурăнать. Пирĕн Совет Çарĕ—хăйĕн тĕллевĕсем, кам интересĕсене сыхлани енĕпе ытти çарсенчен—капитализмлă çĕршывсен çарĕсенчен тĕпренех уйрăм çар.

Кирек хăш буржуаллă государство çарĕ те капитал влаçне çирĕплетме пулăшакан хатĕр, ĕççыннисене пусармалли хатĕр пулса тăрать. Капитализмлă çарсем—нациллĕ-колониллĕ пусмăрлăх кӳрекен çарсем. Вĕсене ытти халăхсене курайми пулма, захватчикла вăрçă вăрçма воспитани пăраççĕ. США, Великобритани, Франци тата ытти капитализмлă çĕршывсен империалистла çарĕсем шăп çавăн пек çарсем пулса тăраççĕ.

Совет Çарĕ—рабочисемпе хресченсен тĕнчери пĕрремĕш социализмлă государствин çарĕ. Сталин юлташ çирĕм пилĕк çул каялла, Мускав Совечĕн Совет Çарĕ вунă çул тултарнă ятпа пулнă савăнăçлă пленумĕнче каланă историллĕ сăмахра, пирĕн çар халăх çарĕ пулса тăнине, унăн тĕп уйрăмлăхĕсене тĕплĕн те уççăн кăтартса пачĕ. Сталин юлташ çапла кăтартса пачĕ: Совет Çарĕ ирĕке тухнă рабочисемпе хресченсен çарĕ, пирĕн çĕршыври нацисем хушшинчи тăванлăх çарĕ пулса тăрать. Ăна интернационализм майлă, ытти çĕршывсенчи халăхсене хисеплеме воспитани параççĕ. Çавăнпа ĕнтĕ пирĕн çар вăйлă, çавăнпа вăл—никам çĕнтерейми хăватлă çар.

Совет Çарĕ Совет *влаçĕшĕн*—чăн-чăн халăх влаçĕшĕн, ют çĕршывсенчен килнĕ захватчиксене тата шалти контрреволюцие хирĕç *пынă хăватлă çапăçусен вут-çулăмĕнче çуралнă. 1918 çулхи январĕн* 28-мĕшĕнче В. И. Ленин Рабочисемпе Хресченсен Хĕрлĕ Çарне организацилесси çинчен çырнă декрет çине алă пуснă, уйхиççăн икĕ эрне иртсенех Рабочисемпе Хресченсен Хĕрлĕ Флотне организацилесси çинчен калакан декрета пичетлесе кăларнă. Февралĕн 23-мĕшĕнче Совет Çарĕн çамрăк полкĕсем Нарвăпа Псков патĕнчи çапăçусенче Германи империализмĕн çарĕсене татăклăн пырса çапнă, вĕсене Петроград патне пыма чарнă. Çак кун Совет Çарĕ çуралнă кун, совет халăхĕн кашни çулхи праçникĕ пулса тăнă.

Ун хыççăн часах советлă республикăна фронтсем вутлă унка пекех çавăрса илнĕ. Пирĕн çĕршыва, вăрçă пуçланни çинчен пĕлтермесĕр, США, Англи тата ытти капитализмлă государствăсен империалистла вăрă-хурахĕсем тапăнса кĕнĕ. Вĕсем пирĕн çĕршывра кашни утăм ярса пусмассеренех совет çĕршывĕнчи рабочисемпе хресченсене хирĕç калама çук усал преступленисем тунă. Америкăран килнĕ вăрă-хурахсем уйрăмах тискер пулнă. Америка империалисчĕсем, совет çĕршывне вăрçăпа тапăнассин активлă организаторĕсем тата хавхалантараканĕсем пулса, вырăс халăхне тата пирĕн çĕршыври ытти халăхсене асаплантаракан тискер палачсемпе жандармсем пулнă.

Ун чухне ĕççыннисен аслă çулпуçĕсем Ленинпа Сталин пирĕн çĕршыва пĕрлĕхлĕ вăрçă лагерĕ туса пĕрлештернĕ, Тăван çĕршыври халăхсене Отечественнăй вăрçа çĕкленĕ. Хăйĕн политикăллă ăнланулăхĕ пысăк пулнипе хăватлă Совет Çарĕ, ĕççыннисем пулăшса пынипе, интервентсемпе белогвардеецсене аркатса тăкнă, хамăрăн социализмлă государство ирĕклĕ тата никама пăхăнмасăр пурăнассине, Октябрьти Социализмлă аслă революцире кĕрешсе илнисене сыхласа хăварнă.

Çав çĕнтерĕве пирĕн халăхпа унăн çарĕ Коммунистсен партийĕ, ăслă çулпуçăмăрсем Ленинпа Сталин ертсе пынипе тунă. Совет çĕршывĕн оборонине организацилес тата ертсе пырас ĕçре Сталин юлташ В. И. Ленинăн чи çывăх пулăшаканĕ пулнă. И. В. Сталин юлташ вăрçăри чи пысăк стратегиллĕ планĕсене туса хатĕрленĕ, вăрçăри татăклă çапăçусене ертсе пынă, граждан вăрçинче тата ют çĕршывсен вăрçăллă интервенцине хирĕç çапăçса Совет Çарĕ тунă çĕнтерӳсене хавхалантараканĕпе организаторĕ пулнă.

### II.

Тĕнчери империализм совет çĕршывне пăвса пăрахма тата пусмăра кĕртсе ӳкерме малтанхи хут хăтланса пăхни путланса ларнă. Анчах ку вăл пирĕн çĕршыв çине тăшмансем çĕнĕрен вăрçăпа тапăнас хăрушлăх пĕтнине пĕлтермен. Çавăнпа та Совет государствин экономикăллă хăвачĕпе оборона хăватне пĕрмаях тĕреклетсе пыни кирлĕ пулнă. Çакна Ленин — Сталин партийĕ нихçан та манман, вăл пирĕн çĕршыва тата хамăрăн çара активлă оборонăна хатĕрлесе пынă. Çĕршыва индустриализацилемелли тата ялхуçалăхне коллективизацилемелли ленинла-сталинла политикăна ăнăçлă пурнăçласа, парти Совет Союзне хăватлă социализмлă индустриллĕ-колхозлă держава туса хурассине пурнăçларĕ. Социализмлă промышленность ӳссе тата техника енĕпе малалла кайса пынă май Совет Çарĕн мĕнпур йышши войскисене чи лайăх хĕçпăшал туса панă. Пирĕн çар механизациленĕ тата моторизациленĕ çар пулса тăчĕ, унăн чаплă командăй кадрĕсем ӳссе çитĕнчĕç, вĕсем малта пыракан сталинла çар наукине вĕренсе çитрĕç.

Активлă оборона валли материальнăй никĕс хатĕрлессин тĕллевĕ вăрçă тухсан çар производствине питĕ хăвăрт организацилесси тата çарпа халăха валли апатçимĕç, промышленность валли — чĕртавар çителĕклĕ парса тăрасси пулнă. Анчах активлă оборона организацилесси маларах каланипех пĕтмен. Ленин—Сталин партийĕ çĕршыва политика енĕпе те активлă оборонăна хатĕрлесе пынă. Сталин юлташ *ăслăн ертсе пынипе парти усал тăшмансен — троцкистла-бухаринла банăн çĕлен йăвисене* сĕмĕрсе тăкрĕ, çапла вара ССР Союзĕнче «пиллĕкмĕш колонна» пулма пултарассине вăхăтра пĕтерсе хучĕ. «Ăнланса илме йывăр мар ĕнтĕ,—тесе каларĕ Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче,—çак ĕçе хăй вăхăтĕнче туса ирттермен пулсан, вăрçă кунĕсенче эпир фронтран та, тылран та персе тăнă вырăна лекнĕ çынсем пулнă пулăттăмăр, вăрçă вара пирĕншĕн ăнăçсăр пĕтме пултарнă пулĕччĕ».

Пирĕн çĕршывра эксплуататорла классене пĕтернĕ тата социализм çĕнтернĕ никĕс çинче малалла илсе пыракан хăватлă вăйсем пулса тăчĕç, вĕсем—совет обществин мораллĕ-политикăллă пĕрлĕхĕ, ССР Союзĕнчи халăхсен туслăхĕ, совет патриотизмĕ. Çак хăватлă вăйсем Аслă Отечественнăй вăрçăра, пирĕн Тăван çĕршыв тӳссе ирттернĕ вăрçăсенчен чи йывăртараххи пулнă вăрçăра, уйрăмах уççăн палăрчĕç. Иртнĕ вăрçăра Совет государствин пурнăçĕ е вилĕмĕ çинчен, ССР Союзĕнчи халăхсен пурнăçĕ е вилĕмĕ çинчен тăнă ыйтăва татса панă.

Нимĕçсен фашистла агрессорĕсем, Америкăри империалистсем хĕтĕртнипе, Совет Союзĕ çине кĕтмен çĕртен вăрă-хурахла тапăннă, вĕсем пирĕн социализмлă Тăван çĕршыва пĕтерсе хума, совет çыннисене пусмăра кĕртсе ӳкерме тĕллев тытнă. Хамăр умма вилĕмле хăрушлăх тухса тăрсан, пирĕн çĕршыври мĕнпур ĕççыннисем Коммунистсен партийĕ тавра, аслă çулпуçăмăр Сталин юлташ тавра тата тачăрах пĕтĕçрĕç. Совет тылĕпе фрончĕ таччăн пĕрлешрĕç. Коммунистсен партийĕ халăхпа çарăн пĕтĕм вăй-хăватне пĕр тĕллеве—тăшмана çĕмĕрсе тăкассине пурнăçлама пĕтĕçтерчĕ. Парти совет çыннисене вăрçă пĕлтерĕшĕпе тĕллевĕсене ăнлантарса пачĕ, Тăван çĕршыва чунтан-чĕререн юратма вĕрентрĕ, кĕрешӳре никамран хăраман тата дисциплинăллă çынсем пулма вĕрентсе, кĕрешӳри пултарулăха çĕклентерсе пычĕ.

Генилллĕ полководец И. В. Сталин хавхалантарса тата ертсе пынипе Совет Çарĕ калама çук пысăк чăтăмлăхпа тата паттăрлăхпа *нимĕçсен фашистла çарĕсене хирĕç çапăçрĕ*. Тăшмана ывăнтарса тата вăйсăрлатса, вăл активлă оборонăран контрнаступление куçрĕ, вăрçă искусствине чаплă пурнăçласа пынине кăтартса пачĕ. Совет Çарĕ хăй пĕччен гитлерла çар машинине хирĕç, Америкăпа Англири миллиардерсен укçипе туса хунă çар машинине хирĕç, кĕрешсе тунă чаплă çĕнтерӳсем ĕмĕрлĕхех асра юлĕç.

Нимĕçсен фашистла çарĕсене Мускав патĕнче çĕмĕрсе тăкса, Совет Çарĕ тăшман планне—столицăна хупăрласа илмелли тата йышăнса илмелли плана путлантарчĕ, вăрçăра «çиçĕм пек хăвăрт» çĕн-

# ПИРĔН ТĂВАН ÇĔРШЫВ ВĂЙ-ХĂВАЧĔ—МИРПЕ ИРĔКЛĔХ ТĔРЕКĔ

## АСРАН КАЙМИ КУНСЕМ

Пирĕн çĕршывăн ĕçсыннисем Совет Çарĕ 35 çул тултарнă куна уявлаççĕ. Ĕмĕр нисĕлми тусланăх пĕр тăван çемьене пĕрлештернĕ совет халăхĕсен Тăван çĕршыв чысĕпе никама пăхăнманлăхне ирсĕр тăшманĕсенчен хÿтĕлесе хăварассишĕн паттăррăн çапăçнă геройсене чыслаççĕ. Халĕ социализмлă государство интересĕсене хÿтĕлесе тăракан хăюллă ывăл-хĕрĕсене хисеп тăваççĕ.

Юбилей кунĕсенче эпир, Аслă Отечественнăй вăрçă участникĕсем, хамăрăн пĕр полкра çумма-çуммăн тăрса çапăçнă паттăр юлташсене аса илетпĕр. Пиренĕн, мухтавлă сталинла авиаци ретĕнче пулнă воинсемшĕн, аслă Сталин юлташ «Совет летчикĕсем хăйсен Тăван çĕршывне умĕнчи тивĕçне вĕçне çитиех пурнăçларĕç», тесе каланă сăмахсем чи пысăк награда пулчĕ.

Астăватăп, сывлăшри çĕнтерÿллĕ çапăçусем иртнĕ хыççăн каннă самантсенче, пирĕн эскадрильйăри чылай юлташсем çапла калатчĕç: «Вăхăт çитĕ, фашистла вăрă-хурахсене хăйсен йăвинчех çапса çĕмĕрĕпĕр, вара пирĕншĕн мирлĕ те лăпкă пурнăç çитĕ. Çулсем иртĕç, эпир çамăр туса тухнă мухтавлă кĕрешÿ çулĕ çинчен ача-пăчамăрсемпе мăнукĕсене каласа кăтартăпăр».

Питĕ йывăр самантсем пулчĕç пиренĕн Отечественнăй вăрçăн пирвайхи кунĕсенче. Фашистла захватчиксем, Хĕвеланăç Европăри çĕршывсене çăмăллăн çĕнтерÿ тунипе ăссăра тухнăскерсем, Совет çĕршывĕ çине те çавăн пек çăмăллăн ыткăнса кĕме ĕмĕтленнĕ. Кĕтмен çĕртен тата ултавлăн тапăнни вĕсене малтанлăха хĕвелсенчен чылай ... пачĕ. Анчах ирсĕр захватчиксем совет халăхĕн çĕнтерĕçми хăватлă вăйĕ çине çитсе тăрăнчĕç.

1941 çулхи июлĕн 3-мĕшĕнче аслă çулпуçăмăр Сталин юлташ радио тăрăх мĕнпур совет халăхне тата Хĕрлĕ Çарпа Тинĕс-Çар Флотĕн воинĕсене чĕнсе каланă сăмахсем ĕмĕрлĕхе чĕрере юлчĕç, хамăрăн тĕрĕс çĕнтерессине пир иккĕленмесĕр ĕненме хавхалантарчĕç. Пирĕн чаçри ытти летчик-истребительсемпе пĕрле эпĕ те тăшмана хирĕç пурнăçа хĕрхенмесĕр çапăçма, ылханлă захватчиксене пĕр хĕрхенмесĕр пĕтерме тупа турăм.

Сывлăшри хаяр çапăçура эпĕ тăшманăн самолетне пирвайхи хут çапса ÿкерме кунĕ астăватăп. Пирĕн истребительсен эскадрильине Бахмач хулинчи чугун çул узелне фашистла çăхансенчен хÿтĕлеме приказ пачĕç. Чугун çул станцийĕнче çар эшелонĕсем туллиех, унтах — хĕвелтухăçĕнелле куçса кайакан старикĕсемпе карчăксем, хĕрарăмсемпе ачасем тиенĕ вуншар вагонсем. Тăшман вĕсем çине бомбăсем пăрахма васкать.

Нумаях та вăхăт иртмерĕ, чугун çул узелĕ патнелле фашистсен бомбардировщикĕсем сыхăрса пынине асăрхарăмăр. Вĕсем пиртен йышлăрах, анчах совет летчикĕсен çапăçури ăсталăхĕ тăшманăн темиçе хут пысăкрах. Тăшмана чун-чĕререн курайманни çапăçура пире тата хăватлăрах вăй кÿрет.

Эпĕ тăшманăн «Хейнкель—111» текен бомбардировщикне суйласа илтĕм те тÿрех ун çине ыткăнтăм. Сталин юлташ: пирĕн воинсем тăшмана пĕтерсе тăкмаллипех пырса çапмалла, тесе вĕрентнине аса илтĕм. Фашистсен летчикĕ ман çине вут-çулăм тăкать, анчах совет истребителĕсене персе ÿкерме çăмăл мар. Бомбардировщик патне çитме 200 метр, унтан 100 метр çеç юлчĕ, анчах пеместĕп. Тата çывăхарах çитсен кăна ун çине мĕнпур пулеметсенчен вут-хĕм тăкрăм. Вут хыпнă бомбардировщик çĕре персе анчĕ.

Гитлеровецсем, пире хăратас тесе, хăйсен самолечĕсен аякĕсем çине темĕн те пĕр ÿкĕлтекисене сăрласа хуратчĕç. Пĕррехинче çапла, сывлăшри çапăçура эпĕ самолет çине пуç шăммине ÿкерсе хунă «Юнкерс-88» бомбардировщикпа тĕл пултăм. Тĕшмĕшĕ çине шанса пулмалла, фашист сывлăшри çапăçура хăйне чăрсăр тыткалама хăтланчĕ. Анчах пуç шăмми ÿкерсе хуни ăна нимĕн чухлĕ те пулăшмарĕ, эпĕ çиçĕмле хăвăртлăхпа пырса çапнă хысăкан бомбардировщик, хура тĕтĕм мăкăрлантарса, çĕре ÿксе сурăлчĕ.

Герой хула—Сталинград! Çак хула мухтавĕ, ăна хÿтĕленĕ воинсен чăннипех тĕлĕнмелле паттăрлăхĕ çинчен пĕлменни тĕнчере ăçта та пулин пĕр кĕтес юлнă-ши?

Сталинграда хÿтĕлессишĕн пынă хаяр çапăçусене мана та активлăн хутшăнма телей пулчĕ. Мĕн чухлĕ хĕн-хур, асаплăха куççуль кÿмен-ши фашистсем чунилинсем Сталинград çыннисене. Пĕр хурлăхлă тĕслĕхе аса илсен, халĕ те чĕре ыратать.

Тăшман самолечĕсене хăваласа янă хыççăн Сталинград çывăхĕнчи аэродром çине анса лартăмăр. Эпĕ чугун çул çинче ларакан вагонсен составĕ патне кайрăм. Мана хирĕç çамрăкрах хĕрарăм юна вараланнă пĕчĕк ачана йăтса пырать. Хуларан куçса каякан старикĕсемпе карчăксем, хĕрарăмсемпе ачасем çине гитлера пиратсем тапăннă иккен. Вуншар çынна вĕлернĕ, нумайăшне суранлатнă. Манпа хирĕç пулнă хĕрарăм, хăйĕн аякĕнчен юн сăрхăннине пăхмасăр, пĕчĕк ачине пулăшма ыйтать. Эпĕ чупса пытăм та ачине тытрăм. Мĕскĕн ача вилсе кайнă.

Тискер фашистсен çавнашкал ирсĕр ĕçне курсан, совет çыннисен чĕри вĕçĕмсĕр тарăху тулăмпе тулмасăр мĕнле чăтса иртсертĕр-ха? Эпĕ те чунилли гитлеровецсене пĕр хĕрхенÿсĕр пĕтерме тупа турăм. Мĕскĕн хĕрарăмпа тĕл пулнă кунах çĕн темиçе талăк иртсен пĕр кун хушшинче тăшманăн икĕ самолетне персе ÿкертĕм. Сталинград патĕнче сывлăшри 78 çапăçăва хутшăнса, гитлера захватчиксен 7 самолетне персе антартăм.

Аслă Сталинăн гениллĕ кăтартăвĕсене пурнăçласа, совет конструкторĕсемпе инженерсем тата рабочисем пирĕн валли чи хăватлă самолетсем туса пачĕç. Çĕнĕ техникăна хĕçпăшалланнă совет летчикĕсен сывлăшра хăйсем хуçа пулса тăчĕç. 1943 çул тĕлне эпĕ тăшманăн 18 самолетне персе ÿкертĕм.

1943 çул манăн асран кайми çул пулса тăчĕ. Кубаньре хаяр çапăçусем пынă кунсенчен пĕринче мана коммунистсен партийĕн ретне илчĕç. Ленин—Сталин партийĕн членĕ пуласси çăмăл мар. Ăна пысăк шанăç параççĕ пулсан, ун çине тата пысăк обязанноçсене те хураççĕ. Эпĕ парти умĕнче хамăн çапăçури пултаруллăхăма ăсталăха аслă Сталин хушнă пек ÿстерсе пыма сăмах патăм. Нумай та вăхăт иртмерĕ, Мелитополь хули патĕнчи сывлăшри пĕр çапăçура эпĕ ертсе пыракан эскадрильйăри летчиксем тăшманăн 7 самолетне персе ÿкерчĕç.

1944 çулхи апрель уйăхĕнче, Крыма фашистла оккупантсенчен тасатнă кунсенче, пирĕн чаçе дивизи командирĕ пычĕ. Вăл пирĕн чаçри мĕнпур летчиксен строй умĕнче пысăк хыпар пĕлтерчĕ: ССР Союзĕн Верховнăй Совет Президиумĕ мана тата чаçри тепĕр эскадрилья командирне Маковский юлташа Совет Союзĕн Геройĕ ятне парасси çинчен Указ йышăннă.

Пĕтĕм Совет Çарĕ тăрăх мухтав саркнă летчиксем Покрышкин, пĕр тăван Глинкасем тата ытти геройсем çинчен эпир сахал мар илтнĕччĕ. Анчах мана та Герой ятне парасси çинчен эпĕ ункнен шутламан та. Совет правительстви манăн ункченсн çĕнтерÿсене хаклани ман çине тата пысăкрах яваплăх хурать. Маковский юлташпа иксĕмĕр, хамăра çавăн пек пысăк чыс тунине ответлесе, тăшмана тата вăйлăрах çапса аркатма сăмах патăмăр. Герой-хулана — Севастопольне фашистла оккупантсенчен тасатнă чухне сывлăшри çапăçусенче эпĕ тăшманăн «Фокке-вульф-200» текен самолетне персе антартăм. Вăл çĕр çине ÿкиччен çунса кайрĕ.

Совет Çарĕн воинĕсем ылханлă тăшмана пĕтерсе тăкассишĕн пынă паттăрла кĕрешÿре хăйсене пĕтĕм совет халăхĕ пулăшса тăнине, фронтпа тыл хушшинчи пĕрлĕх хурçă пек çирĕп пулнине куллен туйса тăчĕç. Эпир, летчиксем, çав пулăшăва пуринчен нумайрах илсе тăнă, тесе калас килет.

1944 çул вĕçĕнче пирĕн чаçе çав тери савăнăçлă хыпар çитрĕ. Эпĕ çуралса ÿснĕ хулари — Улатăрти ĕçсыннисем самолетсен эскадрильи тумалăх укçа пухса панă. Вĕсем Сталин юлташран çав самолетсене эпĕ ертсе пыракан эскадрильйăна пама тата самолетсем çине çапла çыртарма ыйтнă: «Улатăр хулинчи ĕçсыннисенчен Совет Союзĕн Геройне Кочетов юлташа». Фронтпа тыл хушшинчи çавăн пек пĕрлĕхĕн тĕслĕхĕсене этемлĕх историйĕ Аслă Отечественнăй вăрçăччен курман.

Вăрçăн юлашки уйăхĕсенче совет летчикĕсен тăшмана çĕнтермелли сталинла наукăна пысăк ăсталăхпа вĕренсе çитни пур çĕрте те курăнчĕ, сывлăшра пĕтĕмпех хăйсем пуç пулса тăчĕç. Вăрçă пĕтес умĕн эпĕ те тăшманăн 34-мĕш самолетне персе ÿкертĕм.

Пирĕн çĕнтерÿсене гениллĕ Сталин юлташ ячĕпе çыхăнса тăраççĕ. «Сталиншăн! Тăван çĕршывшăн!» текен лозунгпа Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флотĕн боецĕсем чи ирсĕр, чи ултавлă тăшмана—фашистла Германие, ун хыççăн империализмлă Японие аркатса тăкрĕç.

Хĕвеланăçĕнче тата инçетри хĕвелтухăçĕнче вăрçă вĕçленнĕ хыççăн Совет халăхĕ мирлĕ ĕçе ниçхаçанхинчен пысăк хастарлăхпа пуçăнчĕ. Совет Çарĕ фашизма аркатнипе пирĕн халăхсем, империализм сăнчăрне татса, мирпе демократи, социализм çулĕ çине тăчĕç. Халăхсем хушшинчи мирлĕ пурнăçăн кĕрешекенĕсем нумай миллионлă лагерĕ пĕрре çирĕпленчĕ.

Американăри монополистсем пуç пулса тăракан агрессорсен лагерĕ мирлĕ халăхсене вăрçă вучĕне хăмсарать. Халăхсен юнне тăкса пуйма хапсăнакан империалистсен çăткăнсене эпир истори урокĕсене тепĕр хут аса илтерес пултăр. Гениллĕ çулпуçăн Сталин юлташăн кăтартăвне асра тытса, хамăрăн сыхăлăха ÿстеретпĕр, совет государствин оборона вăй-хăватне тĕреклетессишĕн тата хастарлăрах ĕçлетпĕр.

**А. КОЧЕТОВ,**
**Совет Союзĕн Геройĕ.**

## ШИНЕЛЬ

Кăвайт хĕлхемĕ вĕтелеть,
Тăхлан шăтарнă ветеран,
Тап-тап шинель, салтак шинелĕ,
Эс шăппăн çакăнса тăран.
Анчах çав шăпăхра мĕн сĕвĕр
Шăв-шав, инçе çулсем, тупă!
Тăван çĕршывăмăр-аннемĕр
Хÿтĕленчĕ сан пуставупа.
Шинель! Айри тÿшек те пултăн,
Çири витĕлĕк те эс ман.
Лÿшкенĕтĕн çумăрта та, çунтăн
Хĕвеллеле те — антраман.
Чылай тусем вырта та юлчĕç
Санпа ялан чĕркенсе.
Çав паттăрсем чару пек пулчĕç—
Ниçхçан тек юн тăктармасса.
Шинель! Чапна пĕлсе пăхатăп
Ĕç хушшинчен эп сан çине.
Эс хÿтĕ, шанчăклă, паха та,
Часах манмăнăн эп сана.
Санпа аса килет кĕрхи çĕр,
Кăвар пек пĕлĕт, çунна хир.
Юн шыв урлă, çулăм витĕр
Кăçсантăмăр, шинель, эпир.
Ялта мăрьесем çес ларатчĕç
Хура юпа пек юнаса.
Ларатчĕ кăмрăкланнă сачĕ
Укçах-чăлах пек йăланса.
Шинель! Эс ĕнтĕн, эс хуралтăн,
Тасалтăн та эс юрпала.
Чисрах тÿлек ĕçе пурнăçшăн
Санпа эп тăтăм хурала.
Ват салтакна, вăл темĕн те пĕр
Курнисене чунтан-вартан
Хисеплесе каласнă евĕр,
Эп каласатăп санпалан.
Эс хÿтĕ, шанчăклă, паха та,
Часран-часах халь сан çине
Эп ытхăна кайса пăхатăп,
Мухтавлă, тусĕмĕ шинель!

**П. ХУСАНКАЙ,**
**Чăваш халăх поэчĕ.**

## Пĕр çемьерен 4 офицер

— Ĕлĕкхи вăхăтра чăвашсенчен офицере тухма питĕ хĕн пулнă. Халĕ пур халăхсемшĕн те çул уçă. Акă манăн тăватă ывăл. Вĕсем пурте совет офицерĕсем,—тет Филипп Кузьмич Кузьмин, хăйĕн ывăлĕсем çинчен.

Унăн аслă ывăлĕ Семен—полковник, Макар—иккĕмĕш ывăлĕ—запасри офицер, Иван Совет Çарĕнче офицер пулнă, халĕ ялти çичĕ çул вĕренмелли шкулта учитель пулса ĕçлет. Кĕçĕн ывăлĕ Тит — Совет Çарĕнче, авиаци офицерĕ.

Çапла пĕр çемьерен тăватă офицер. Вĕсенчен иккĕшĕ Совет Çарĕнче, иккĕшĕ мирлĕ ĕçре хастарă ĕçлеççĕ.

**И. ПРОКОПЬЕВ,**
**Калинино районĕ, Сăнăт ялĕ.**

### СОВЕТ ÇАРĔН КУНĔ УМĔН

КУСЛАВККА. Районти ĕçсыннисем, пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле, Совет Çарĕ 35 çул тултарнине анлăн паллă тăваççĕ. Предприятисенче колхозсенче тата учрежденисенче «Совет Союзĕн хĕçпăшаллă Вăйĕсем», «Ленинпа Сталин — Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флотĕн организаторĕсем» тата ытти темăсем тăрăх докладсемпе калаçусем ирттереççĕ.

Районти культура çуртĕнче, библиотекăра тата ялсенчи клубсемпе вулав çурчĕсенче Совет Çарĕн мухтавлă çулĕпе çĕнтерĕвĕсене кăтартакан фотовитринăсем тунă.

(Хамăр инф.).

*Совет Çарĕнчен килнĕ çырусем*

## Тăван халăхăн ĕçри ÿсĕмĕсемпе хавхаланса

Эпир, Чăваш республикинчен килнĕ воинсем, хамăр республикăра тухакан хаçатсене илсе тăратпăр. Çĕнĕ хаçатсене пысăк хавасланса кĕтсе илсе, чăваш халăхĕн ĕçри пултарулăхĕ çинчен, социализмлă ăмăртура мала тухнă колхозсем, предприятисем çинчен савăнсах вулатпăр.

Тăван халăхăн ĕçри паттăрлăхĕ çинчен çырнă статьясем пире Тăван çĕршыва юратма, çар ĕçне тата лайăхрах вĕренме хавхалантараççĕ.

Нумаях пулмасть пирĕн чаçри Петров юлташ Шупашкар хулине отпуска кайса килчĕ. Отпускран таврăнсан Петров юлташ пире хулара пысăк строительствăсем çинчен каласа пачĕ.

— Эпĕ çара киличчен, — тет Петров юлташ, — Шупашкар нумай улшăннă. Хула йĕри-тавра пур çĕрте те çĕнĕрен тунă çуртсем курăнаççĕ. Çĕнĕ шкулсем, заводсем, культурăллă учрежденисем тăваççĕ. Республикăри колхозсенче те улшăнусем нумай. Колхозниксен пурнăçĕ кунтан-кунах аванланса пырать. Колхозниксем вăйлă тырпул туса илессишĕн тăрăшаççĕ, суракине вăйлăн хатĕрленеççĕ. Чăваш халăхĕ, ытти тăванла халăхсем пекех, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсемпе хавхаланса ĕçлени палăрать.

Эпир, Совет Çарĕн воинĕсем, тăван халăхăн ĕçри ÿсĕмĕсемпе хавхаланса, çар ĕçне татах та лайăхрах вĕренетпĕр, хамăр çĕршыва шанчăклăн сыхлатпăр.

**В. ДМИТРИЕВ.**

## Хамăр çĕршыва çирĕп сыхлатпăр

Эпир, Чăваш республикинче çуралса ÿснĕ çамрăксем, халĕ Лăпкă тинĕс флотĕнче Тăван çĕршыва сыхлатпăр. Моряк пулса Тăван çĕршыв чиккисене сыхласси—пирĕншĕн чи пысăк чыс.

Халĕхи вăхăтра Америкăри капиталистла ытти çĕршывсенчи империалистсем тĕнчере çĕнĕ вăрçă пуçарма хатĕрленеççĕ. Эпир, совет çĕршывĕн хăватлă çарĕн воинĕсем, хамăр Тăван çĕршыва тĕрлĕ инкекçенчен сыхлама ялан хатĕр тăратпăр. Вăрçă пуçарма хатĕрленекен ирсĕрсен хăтланăвĕ пире нимĕн чухлĕ те хăратаймĕ. Эпир хамăрăн Тăван çĕршывăн оборона вăй-хăватне куллен тĕреклетсе пырăпăр, ăна сыхлама хатĕр тăрăпăр.

Лăпкă тинĕс çинчи чăваш морякĕсем тăван республика промышленность, ялхуçалăхĕ, культура тĕлĕшпе тунă çитĕнÿсемпе тивĕçлипе мухтанаççĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕ Шупашкар тĕлĕнче гидроэлектростанци тума палăртни республикăн кашни ĕçсыннисене чĕререн савăнтарать. Эпир, морякĕсем, сире çакна шантарса калатпăр: мирлĕ ĕçсыннисем, эсир хăвăр ĕçе шанăçлă туса пырăр. Пысăк гидроэлектростанцисем тăвăр, сутçанталăка çĕнетсе улăштарăр. Сирĕн мирлĕ ĕçе никам та пăсма, чăрмантарма пултараймĕ. Эпир хамăрăн Тăван çĕршыва сыхлама ялан хатĕр.

**Моряксем: М. ФОМИН,**
**К. ЛЕОНТЬЕВ,**
**Г. ДОЛГОВ.**

## *Чĕререн тав тăватăп*

Эпĕ Аслă Отечественнăй вăрçă участникĕ. Хаяр çапăçура фашистла нимĕç оккупанчĕсем мана йывăр суранлатрĕç, эпĕ инвалид пулса юлтăм.

Ытти колхозниксем пекех, эпĕ хаçат-журналсем вулама юрататăп. Америкăри тата вĕсен пусмăрне кĕрсе ÿкнĕ капиталистла çĕршывсенче вăрçă инваличчĕсем асапланса пурăнни, вĕсемшĕн никам та тăрăшманни çинчен вуласа пĕлетĕп.

Çĕнĕ вăрçă чĕртме ĕмĕтленекен империалистла çăткăнсене каллех тупă ашĕ кирлĕ. Çĕнĕ вăрçа хатĕрленме вĕсем укçа-тенкĕ нумай расходлаççĕ, çав вăхăтрах фашизма хирĕç çапăçса сывлăхĕсене çухатнă çынсене пулăшмаççĕ. Пирĕн çĕршывра та патша саманинче çавăн пекех пулнă.

Ман пек хресченсем — вăрçă инваличчĕсем — государствăран пулăшу илесси çинчен ĕмĕтленме те пултараймăн.

Октябрьти социализмлă аслă революци хыççăн кăна эпир, ĕçсыннисем, тулли правалла çынсем пулса тăтăмăр. Акă эпĕ — Сталинла Конституци панă аслă правăсемпе туллин усă куракан телейлĕ совет çыннисенчен пĕри.

Кăçал мана врачсем санаторине кайма сĕнчĕç. Сĕнчĕç кăна мар, пулăшрĕç те. Çак çырура манăн уйрăмах Çĕрпÿ больницинчи врачсене В. Захлебина, А. Сучкова, Н. Христофорова, О. Павлова юлташсене тата ыттисене те кăмăллăн тав тăвас килет.

Çурçĕр Кавказри Нальчик хулинчи пысăк санаторинче пире — вăрçă инваличĕсене — питĕ ăшшăн кĕтсе илчĕç, пурин сывлăхĕсене те часрах сыватма тăрăшрĕç. Эпĕ санаторинче пĕр уйăх хушши сывалтăм. Эпир унта совет çыннисемшĕн мĕнле тăрăшнине хамăр куртăмăр.

Халĕ эпир вырăнти Советсен суйлавĕсене ирттерме хатĕрленетпĕр. Çак чаплă кун ĕçсыннисемшĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшакан коммунистсен партипе Совет правительствине, юратнă çулпуçа Сталин юлташа чĕрери чи хĕрÿллĕ туйăмпа тав тăвас килет.

Совет государстви манăн сывлăха тĕреклетме калама çук пысăк пулăшу пачĕ. Эпĕ, рядовой колхозник, чи лайăх санаторисенчен пĕринче сывалма тивĕçлĕ пултăм. Çакна эпĕ колхоз стройне малалла тĕреклетессишĕн мĕнпур вăйпа тăрăшнипе ответлетĕп.

**М. АРИСТАРХОВ,**
**Çĕрпÿ районĕнчи «Цивильстрой» колхоз членĕ.**

термелли плана пĕтерсе хучĕ. Сталинград патĕнчи çапăçу тăшманăн 330 пин çынлă çарне хупăрласа илнипе, аркатса тăкнипе тата тыткăна илнипе вĕçленчĕ, кунти çапăçу хыççăн тĕнчери иккĕмĕш вăрçăра улшăну пуçланчĕ. Гитлеровецсене Кавказ тăвĕсем патĕнче çĕмĕрсе тăкни вĕсен планне—пирĕн нефть районĕсем патне пырса кĕмелли тата пирĕн тĕп резервсене кăнтăр енне куçарттармалли планне аркатса ячĕ. Курск патĕнчи çапăçу тăшманăн наступлени тумалли стратегине пĕтерсе хучĕ. Сталин юлташ ертсе пынипе 1944 çулта тăшмана вунă хут питĕ вăйлăн пырса çапнă хыççăн, вăрçă пирĕн Тăван çĕршывăн чиккисен леш енне куçрĕ, çапла вара гитлерла блок пĕтĕмпех арканса кайрĕ. Совет Çарĕ 1945 çулта тунă чаплă çĕнтерÿсем, Хĕвелтухăç Пруссири, Вислапа Одер патĕнчи, Будапештпа Вена патĕнчи тата, юлашкинчен, Берлин хулине тытса илнĕ чухнехи çапăçусем Аслă Отечественнăй вăрçă историне чаплă страницăсем пулса кĕрсе юлчĕç.

Америкăпа ытти çĕршывсенчи империалистсем, Европăра иккĕмĕш фронт уçассине тĕрлĕрен сăлтавсемпе тăсса пырса тата ССР Союзĕнчен вăрттăн нимĕç фашисчĕсемпе сепаратнăй договор тăвасси çинчен калаçса, гитлеровецсене пулăшнă, анчах çав пулăшу гитлеровецсене вилĕмрен çăлса хăвараймарĕ.

Аслă Отечественнăй вăрçă пирĕн çĕршыв фашистла Германие тата империализмла Японие çĕмĕрсе тăкса пĕтĕм тĕнче историйĕнче палăрса тăракан пысăк çĕнтерÿ тунипе вĕçленчĕ.

Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флотне вăрçăри çапăçусенче çĕнтерме Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсем пулăшрĕç, вĕсене çак ĕçре хăйсен аслă пиччĕшĕ—аслă вырăс халăхĕ ертсе пычĕ. Совет çыннисем тылра вăй шеллемесĕр ĕçленине, рабочи класĕн, колхоз хресченĕсен, пирĕн интеллигенцин аслă вăрçă вăхăтĕнчи ĕçне Сталин юлташ питĕ пысăка хурса хакларĕ, ку вăл—Тăван çĕршыва тăшманран хÿтĕлесе хăварас тесе халиччен пулман паттăр ĕç туни пулать, терĕ.

Гитлерла Германие тата империализмлă Японие çĕмĕрсе тăкса, Совет Союзĕ тĕнчери реакцие хытă пырса çапрĕ, пĕтĕм тĕнчере демократипе социализм вăйĕсем ÿссе пырассине пулăшрĕ. Совет халăхĕ, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ хăйсен интернационаллă обязанноçĕсене—мĕнпур çĕршывсенчи ĕçсыннисем умĕнчи тивĕçе тÿрĕ кăмăлпа пурнăçларĕç. Урăх çĕршывсенчи тăванла партисем, пирĕн партин паттăрлăхĕпе çитĕнĕвĕсене курса хавасланса, ăна тĕнчери революциллĕ юхăмпа рабочи юхăмăн «Ударнăй бригади» тесе ят пачĕç. «Çакăнпа вĕсем, — тесе каларĕ Сталин юлташ КПСС XIX-мĕш съездĕнче,—«Ударнăй бригадăн» çитĕнĕвĕсем капитализм пусмăрĕнче асапланакан халăхсен пурнăçне çăмăллатасса шанса тăнине палăртнă. Эпĕ çапла шутлатăп: вĕсем шанса тăнине пирĕн парти тÿрре кăларчĕ, çакна вăл уйрăмах тĕнчери иккĕмĕш вăрçă тапхăрĕнче тÿрре кăларчĕ, ун чухне Совет Союзĕ, нимĕçсемпе японецсен фашистла тискер тытăмне аркатса тăкса, Европăри тата Азири халăхсене фашистла чуралăха кĕрсе ÿкес хăрушлăхран çăлса хăварчĕ».

Аслă Отечественнăй вăрçăра тунă çĕнтерÿ пирĕн советлă государство стройĕ тата советлă общество стройĕ тунă çĕнтерÿ, пирĕн Хĕçпăшаллă Вăйсен çĕнтерĕвĕ пулчĕ.

Çак çĕнтерĕве совет халăхĕпе унăн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем пирĕн аслă çулпуçăмăрпа учителĕмĕр, Совет государствин аслă руководителĕ тата гениллĕ полководец Сталин юлташ ертсе пынипе турĕç. Верховнăй Главнокомандующи Сталин юлташ тăшмана аркатса тăкмалли программа туса хатĕрлерĕ тата ăна пурнăçа кĕртрĕ, советлă социализмлă государствăн пĕтĕм материальнăй вăйĕпе духовнăй вăйĕсене çĕнтерÿ тума мобилизацилерĕ. Çавăнпа та пирĕн Тăван çĕршыв вăрçăра калама çук пысăк йывăрлăхсене çĕнтерчĕ, ун пек йывăрлăхсене буржуаллă государствăсенчен нихăшĕ те тÿссе тăрайман пулĕччĕç. Вăрçă хирĕсенче сталинла çар науки буржуалла çар наукинчен нумай малта тăни курăнчĕ.

### III.

Империалистсем хатĕрленипе пуçланнă тĕнчери иккĕмĕш вăрçă вĕсем кĕтмен результатсемпе вĕçленчĕ. Империалистсем Совет Союзне пĕтерсе хума е ăна вăйсăрлатса хăварма, Европăпа Азире халăх массисем ирĕклĕхшĕн кĕрешессине пăвса пăрахма ĕмĕтленнĕ. Ĕç вара пĕтĕмпех урăхла пулса тăчĕ.

Совет Союзĕ вăрçăран вăйланса тата çирĕпленсе тухрĕ. Унăн пĕтĕм тĕнчери авторитечĕ пысăккăн ÿсрĕ. Эпир вăрçăра çĕнтернĕ май тĕнчери империализм малалла хавшарĕ, демократипе социализм вăйĕсем ÿссе тĕрекленчĕç. Вăтаçĕрти тата Кăнтăр-Хĕвелтухăç Европăри чылай çĕршывсем капитализм системинчен тухса ÿкрĕç. Çак çĕршывсенче халăх демократи стройĕ пулса тăчĕ. Аслă Китай халăхĕ историллĕ çĕнтерÿ туса, хăйĕн ирĕклĕ халăх республикине туса хучĕ. Европа варринче Демократиллĕ Германи Республики пулса тăчĕ. Халĕ ĕнтĕ çĕр çинче пурăнакан мĕнпур çынсен виççĕмĕш пайĕ империализм пусмăрĕнчен хăтăлнă. Совет Союзĕ ертсе пыракан пĕтĕçуллĕ те хăватлă социализмлă лагерь ÿссе, çитĕнÿ хыççăн çитĕнÿ туса пырать.

США ертсе пыракан империализмла лагере шалти хирĕçÿсем хавшатаççĕ, унăн экономикине ÿссе пыракан хирĕçÿсем кисрентереççĕ,—çав лагерь çĕнĕ тĕнче вăрçи сарса янипе çăлăнăç тупма шутлать. Пĕтĕм тĕнчери реакцие ертсе пыракан США империалисчĕсем Корея халăхне хирĕç вăрă-хурахла, захватчикла вăрçă вăрçаççĕ, тĕрлĕрен агрессиллĕ блоксем тăваççĕ, Хĕвеланăç Германипе Японие çĕнĕрен хĕçпăшаллантараççĕ. США империалисчĕсемпе вĕсем хыççăн пыракансем Корейăра юнлă вăрçă вăрçаççĕ. Тĕнчере пуç пулса тăмалли плансем хатĕрлесе, вĕсем ССР Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсене тапăнма хатĕрленеççĕ. Çавăнпа вĕсем социализмлă лагерьти çĕршывсене шпионсем, диверсантсем, çынвĕлеренсем нумай яраççĕ, вĕсен усал ĕçĕ Америка империализмĕн ирсĕр ĕçĕсен уйрăлми пайĕ пулса тăрать.

Совет халăхĕ, вăрçă умĕнхи çулсенчи пекех, мирлĕ строительствăра пĕтĕм вăйхăватпа ĕçлет. Вăл, Ленин—Сталин партийĕ хавхалантарса ертсе пынипе, тăваттăмĕш пилĕкçуллăхра промышленность продукцийĕ туса кăлармалли плана срокчен тултарчĕ, промышленноçа, транспорта, ялхуçалăхне çĕнĕрен вăйлатрĕ, ĕçсыннисен культурине ÿстерчĕ, вĕсен пурнăçне лайăхлатрĕ.

Сталинла пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн малтанхи икĕ çулĕнче те—1951 тата 1952 çулсенче заданисене ирттерсе тултарнă. Çапла вара, пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана пĕтĕмĕшпех срокчен тултарма лайăх условисем хатĕрленĕ. Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçлани ССР Союзĕ социализмран коммунизма куçмалли çулпа çĕнĕрен пысăк утăм туни пулать тата пирĕн Тăван çĕршывăн активлă оборонин экономикăллă никĕсне тĕреклетет.

Советлă Тăван çĕршыва унăн тăшманĕсен агрессивлă ĕçĕсенчен сыхлама активлă оборонăна мĕнпур майсемпе çирĕплетсе пырассине Коммунистсен партийĕ хăйĕн чи пысăк задачисенчен пĕри тесе шутлать. Пирĕн партин çак ырă задачи пĕтĕм совет çыннисен ĕмĕчĕпе килĕшсе тăрать, вĕсем хамăрăн социализмлă Тăван çĕршывăн оборона хăватне ÿстерсе пырас, Совет Союзĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсен боевой хăватне ÿстерес тесе вăя шеллемесĕр ĕçлеме хатĕр тăраççĕ.

Ленинпа Сталин асăрхаттарса каланине—империализмлă государствăсем пур чухне, капитализмлă йĕритавралăх пур чухне империалистла вăрă-хурахсем пирĕн Тăван çĕршыв çине хĕçпăшаллă вăйпа тапăнас хăрушлăх пĕтмест, тесе каланине совет çынисем яланах асра тытаççĕ.

Çакна пĕр самантлăха та манма юрамасть: пирĕн çитĕнÿсем мĕн чухлĕ пысăкрах, эпир малалла каяссине мĕнпур майсемпе чарса лартас тесе тăрăшакан империалистсем çавăн чухлĕ чеерех тата усалтарах майсемпе кĕрешеççĕ. Пирĕн çĕршывра сыхланса юлнă чĕрĕ çынсем — буржуаллă шухăшсемпе буржуаллă мораль майлă тăракансем, совет халăхĕн вăрттăн тăшманĕсем çав империалистсем пулăшнипе усал ĕçсем тăваççĕ. Çак çĕлен-калтасем пире хытăрах сăхма тăрăшаççĕ, — çавăн çинчен калать те ĕнтĕ Америкăпа Англири империалистсене тара кĕрĕшнĕ сăтăрçă-врачсен, ирсĕр шпионсемпе çынвĕлеренсен ушкăнĕн ĕçĕ. Çавăнпа ĕнтĕ хамăр хушăри йăваш чунлăха тата çăвар карса ларассине татăклăнах пĕтерес пулать.

Капитализмлă йĕритавралăх çинчен астуса, пирĕн халăх Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флотне ывăнма пĕлмесĕр тĕреклетсе пырать, вăрçă чĕртекенсемпе вĕсен агентурин усал ĕçĕсене пĕтерсе хума хăйĕн сыхăлăхне ÿстерет.

Аслă çулпуçăмăр тата полководец Сталин юлташ Совет Çарĕ умне ответлă та хисеплĕ задача кăларса тăратрĕ: «Совет халăхĕн мирлĕ ĕçне сыхă хуралласа тăмалла, Совет Союзĕн государство интересĕсене шанчăклăн сыхламалла тата пирĕн Тăван çĕршыв чиккисем çине тăшман пырса кĕмелле мар туса хумалла».

Сталин юлташăн çак кăтартăвĕсене чыслăн пурнăçлассине, çар ĕçне тата политикăна лайăх вĕренсе пырассишĕн кĕрешессине совет воинĕсем хăйсен тивĕçĕ тесе шутлаççĕ.

Америка империалисчĕсемпе вĕсен агенчĕсем çине тăрсах юнаççĕ. Анчах Совет Союзне хăратса ÿкерейĕмĕн. Пирĕн халăхăн агрессорсене хирĕç кĕрешнĕ опыт пур, вĕсене çĕмĕрсе тăкасси уншăн хăнăхман ĕç мар. Совет халăхĕ Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе агрессорсене граждан вăрçи вăхăтĕнче çĕмĕрсе тăкнă, вĕсене вăл тĕнчери иккĕмĕш вăрçă вăхăтĕнче çĕмĕрсе тăкнă. вĕсем пирĕн мирлĕ ĕçе чăрмантарма хăяс пулсан, малашне те çĕмĕрсе тăкĕ.

ССР Союзĕн Çар Министрĕ Совет Союзĕн Маршалĕ А. М. Василевский Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съездĕнче çапла каларĕ: «Совет Çарĕн боевой тата оперативлă хатĕрлĕхĕ мĕнле пулнине кура, унăн мобилизациллĕ тата боевой хатĕрлĕхĕ мĕнле пулнине кура эпир Партие, Правительствăна тата Сталин юлташа çапла шантарса калама пултаратпăр: Совет Çарĕ совет халăхĕн мирлĕ ĕçне сыхласа тăрас, Совет Союзĕн государство интересĕсене сыхласа тăрас задачăсене чыслăн пурнăçлĕ».

Совет государстви ялана мирлĕ политика тытса пынă, халĕ те халăхсем килĕштерсе ĕçлемелли мирлĕ политика тытса пырать. Пирĕн халăха вăрçă кирлĕ мар. Анчах тăшман вăрçă пуçласан, ăна пирĕн халăх хытă çапса çĕмĕрĕ.

Партин XIX-мĕш съездĕнче тунă докладра Г. М. Маленков юлташ çапла каларĕ:

«Иртнĕ вăхăтри фактсене шута илмесĕр хăварма юрамасть. Фактсем вара акă мĕн калаççĕ: тĕнчери пĕррĕмĕш вăрçа пула капитализм системинчен Россия тухса ÿкрĕ, тĕнчери иккĕмĕш вăрçа пула капитализм системинчен Европăпа Азири чылай çĕршывсем тухса ÿкрĕç. Тĕнчери виççĕмĕш вăрçă тĕнчери капитализм системине аркатса тăкĕ, тесе шанса тăма пур сăлтавсем те пур».

Çавна Америкăри вăрçă чĕртекенсем асра тытни кирлĕ.

* * *

Империалистла нумай вăрă-хурахсем хăйсен сысна сăмсине пирĕн совет пахчине килсе чикме хăтланнă, вĕсене пурне те пирĕн Совет Çарĕ аркатса пынă. Вăл, Совет Çарĕ, Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсем пулăшса тăнипе, кирек мĕнле агрессорсене те, вĕсем пирĕн Тăван çĕршыв çине тапăнма хăяс пулсан, çапса аркатма хатĕр тăрать.

## Китайра И. В. Сталин юлташăн „ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем“ ятлă ĕçне тата КПСС XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене вĕренеççĕ

ПЕКИН, февралĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). «Дунбэйжибао» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Сурсĕр-Хĕвелтухăç Китайри тĕрлĕ предприятисемпе учрежденисенче ĕçлекен служащисем хушшинче И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенине тата Совет Союзĕнчи коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене вĕренесси анлă сарăлнă.

Сунцзян провинцийĕнчи халăх правительствин учрежденийĕсенчи ертсе пыракан работниксем И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенине вĕренеççĕ. Провинцири хуласемпе уезд центрĕсенче КПСС XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене вĕренсе пĕлнине тĕрĕслемелли эрнелĕх ирттереççĕ.

Хальхи вăхăтра Сталин юлташăн гениллĕ произведенине Хэйлунцзян провинцийĕнче аслăрах группăсенче вĕренме тытăннă. Унта провинцири учрежденисемпе Китайри Коммунистсен партийĕн провинцири комитетĕнчи ертсе пыракан работниксем вĕренеççĕ.

## И. В. Сталин юлташăн „ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем“ ятлă произведенине Польшăра вĕренни

ВАРШАВА, февралĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Польшăри наука академийĕ çумĕнчи экономикăллă наукăсен комитечĕ И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă классикăллă ĕçĕпе КПСС XIX-мĕш съезчĕн материалĕсем çинчен пропагандăлас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттерет.

Кăçалхи январь уйăхĕнче комитет Польшăри экономика обществи пулăшнипе Варшавăра 6 лекци организациленĕ. Кунсăр пуçне планированипе статистика ĕçĕн центральнăй шкулĕнче 8 лекци вулаççа панă. Ытти аслă шкулсенче те çакăн пек лекцисем организациленĕççĕ.

Польшăри экономика обществи И. В. Сталин юлташăн гениллĕ ĕçĕсем çинчен хăйĕн мĕнпур филиалĕсенче лекцисем организацилет.

Экономикăллă наукăсен комитечĕ Польшăри мĕнпур наукăпа тĕпчев институчĕсене хăйсен ĕçĕсен [illegible] тематикине И. В. Сталин юлташăн ĕçĕнчен тата КПСС XIX-мĕш съезчĕн материалĕсенчен тухса тăракан задачăсене шута илсе улăштарса çĕнетме чĕнет.

## Китайри ĕççыннисем вырăс чĕлхине вĕренеççĕ

ПЕКИН, февралĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). «Женьминьжибао» хаçат Сурсĕр-Хĕвелтухăç Китайра вырăс чĕлхине производствăран уйрăлмасăр вĕренес ыйтупа конференци пулса иртни çинчен пĕлтерет. Конференцие Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществи нухнă.

Туллимар сведенисем тăрăх, Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăх Обществи организацийĕ вырăс чĕлхине вĕрентекен курссенчен Сурсĕр-Хĕвелтухăç Китайра 12.800 çын вĕренсе тухнă. Хальхи вăхăтра 157 ушкăн ĕçлет, вĕсенче 4 пин çын ытла вĕренет. Кунсăр пуçне 144 предприятире вырăс чĕлхине вĕренмелли каçхи шкулсем уçнă. Вĕсенче 7.700 çын ытла вĕренет. Конференци вырăс чĕлхине малалла вĕренес задачăсене палăртнă.

## Корейăри ĕçсем

### «ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНАЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, февралĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтерет: иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем тата Американпа Англи интервенчĕсемпе Ли Сын Ман çарĕсен разведка отрячĕсем хушшинче пур фронтсенче те пĕчĕк тытăçусем пулса иртнĕ.

Халăх çарĕн зенитлă чаçĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтакĕсем паян тăшманăн 8 самолетне персе ÿкернĕ.

### Америка интервенчĕсем тыткăна лекнĕ салтаксене çаплах хытă хĕсĕрлеççĕ

ПЕКИН, февралĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран çапла пĕлтерет:

Февралĕн 16-мĕшĕнче Чечжудо утравĕ çинче Китай çар сыннине вĕлернĕ. Хăйсен яланхи тактики хыççăн кайса, американецсем: ăна тыткăна лекнĕ салтаксем хăйсем вĕлернĕ, тесе пĕлтернĕ.

Çак салтака тĕрĕссипе гоминдан шпионĕсем вĕлернĕ пулмалла. Американецсем лагерьсене тыткăна лекнĕ çынсем тесе чанкайшистсемпе лисынмановецсен агенчĕсене нумай ярассĕ. Вĕсен задачи вăл тыткăна лекнĕ салтаксене вăйпа тытса чарас ĕçре американецсене пулăшасси пулать. Çакăн çинчен Корейăри Китай Халăх çарĕсен тыткăна лекнĕ салтаксем çирĕплетсе калаççĕ. Вĕсене Ли Сын Ман çарне кĕме вăйпа хĕсĕрленĕ.

## Корейăри вăрçă ĕçне халех чарса лартассишĕн

### МИРШĔН ТĂРАКАНСЕН ДЕЛИ ХУЛИНЧЕ ПУЛСА ИРТНĔ МИТИНГĔ

ПЕКИН, февралĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви çапла пĕлтерет: февралĕн 14-мĕшĕнче Делире миршĕн тăракансен митингĕ пулса иртнĕ. Митингра Корейăри вăрçă ĕçне халех чарса лартма чĕнсе резолюци йышăннă. Митинга Пĕтĕм Индири Мир Совечĕ организациленĕ.

Митингра Мадрасри паллă киноискусство деятелĕ Субрахманьям тухса каланă. Вăл Корейăри вăрçă ĕçне чарса лартассишĕн демонстраци ирттерме чĕннĕ. Инди халăхĕ мир туса хурас ĕçре хăйĕн влиянине пама пултарать, тенĕ вăл.

Парламент членĕ, Бхопал штатĕнчи главнăй министр пулнă Чатурнараин Малавиата Корейăри вăрçă ĕçне халех чарса лартассишĕн каланă. Вăл Америка агрессорĕсем бактериллĕ вăрçă вăрçнине, сивленĕ, азиатсене хирĕç кĕрешме азиатсемпе усă курма шутлакан империалистсен планĕ арканса кайĕ, тесе каланă.

Пенджабри паллă писатель Сардар Гурбакш Синг çапла каланă: Инди халăхĕн Корейăри вăрçă ĕçне халех чарса лартма тĕнчери мĕнпур ытти халăхсемпе пĕрлешес пулать.

Инди парламенчĕн членĕ Хариндранат Чаттопадхайя поэт: Индин миршĕн кĕрешсе Китая пулăшас пулать, тенĕ.

Митинга пухăннă çынсем халăхсен мире хÿтĕлес тĕлĕшпе пулса иртнĕ Конгресĕ пилĕк державăна чĕнсе каланă воззвание ырланă.

## ХĔВЕЛАНĂÇ ГЕРМАНИРИ ХАÇАТСЕМ ÇĔНĔ СУЙЛАВ ЗАКОНĔН ПРОЕКТНЕ СИВЛЕÇÇĔ

БЕРЛИН, февралĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Бонн правительстви реакциллĕ çĕнĕ суйлав законĕ йышăнма хăтланнине Хĕвеланăç Германи общественноçĕн мĕнпур сийĕсем сивлеççĕ. Демократиллĕ тата прогрессивлă вăйсем çеç мар, Хĕвеланăç Германири буржуаллă хаçатсем те хăйсен страницисенче реакциллĕ суйлав законне критиклеççĕ.

Дюссельдорфра эрнере пĕрре тухса тăракан «Дер фортшритт» хаçат суйлав законĕ çинчен çырнă статьяра Хĕвеланăç Германире хальхи вăхăтра пулса тăнă йĕркене 1933 çулта пулнă йĕркепе танлаштарать. Ун чухне Гитлер, чрезвычайнăй полномочисем çинчен калакан законпа усă курса, рейхстагпа килĕшмесĕр законсем кăларма право илнĕ. «Кăçал, 1953 çулхи çуркунне,—тесе çырать хаçат,—урăхла каласан, 20 çул иртнĕ хыççăн, Аденауэр правительстви чрезвычайнăй полномочисем çинчен калакан закон тăратрĕ, чăнах та ĕнтĕ Берлин рейхстагне мар, Бонн бундестагне. Ку хутра ăна суйлав законĕ тесе тăратнă. Çак закона «суйлав законĕ» теççĕ пулсан та, унпа тĕплĕрех паллашсан, вăл урăх нимĕн те мар, хальхи правительство коалицийĕ валли чрезвычайнăй полномочисем паракан закон кăна пулса тăрать. Вăл хальхи правительство коалицине çĕнĕрен суйлакан бундестагра та ытларахăш саса илме май парать».

Çĕнĕ суйлав законне, тесе çырать хаçат, çакăн пек йĕркепе тунă: суйлавçăсен йышĕ пĕр пек пулсан та (правительство партийĕсемшĕн тата оппозициллĕ партисемшĕн сасăлакан суйлавçăсен.— Ред.), правительство партийĕсем илекен мандатсен шучĕ ÿсмелле, вĕсем бундестагра висĕ пайран икĕ пайĕ чухлĕ мандат илме пултараççĕ. Кун пек пулсан, правительство коалицинче тăракансен сассисемпе çеç конституцие улăштарма кирек мĕнле закон та йышăнма пулать. Вара ун чухне халĕ «Европăри оборона пĕрлешĕвĕ» çинчен калакан договора ратификациленĕ чухне тĕл пулнă пек чăрмавсем пулмаççĕ.

Çĕнĕ суйлав законĕн проекчĕ çинчен каласа, «Нюрнбергер нахрихтен» хаçат çапла çырать: пурне те паллă, çак çĕнĕ суйлав законĕн тĕллевĕ вăл хальхи правительство коалицине тата хальхи федеральнăй канцлера власть парасси пулать.

## Греци хресченĕсен йывăр пурнăçĕ

АФИНЫ, февралĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсем хресченсен йывăр пурнăçĕ çинчен пĕлтереççĕ. Вĕсем государство хунă ытла та пысăк налогсене тата аграрлă банка парăм укçине тÿлеме пултараймаççĕ.

«Элефтерия» хаçат çапла çырать: налог пухакан çын е жандарм ял патне çывхарнине курсанах, хресченсем сăртсем хушшине тарса кайса пытанаççĕ. Хресченсен йывăр пурнăçне Сперходия ялĕнче (Мессиния облаçĕ) пулса иртнĕ çак тĕслĕх аван кăтартса парать. Дуки ятлă хресчене пытарнă чухне, тупăк хыççăн пыракан хресченсем жандарма курсан тупăка пăрахса хăварса тарса çаланнă. Çак ялта тата Валира ялĕнче аграрлă банк парăмсемшĕн хресченсен мĕнпур ялхуçалăх продукчĕсене туртса илнĕ.

«Катимерини» хаçат çапла пĕлтерет: февралĕн 18-мĕшĕнче хресченсен 100 çынтан тăракан делегацийĕ Мессиния губернаторĕ патĕнче пулса хресченсем государствăна тата аграрлă банка хăйсен парăмĕсене тÿлесе татма пултарайманни çинчен каласа панă. Парăмсене халех тÿлесе татасси çинчен кăларнă приказа улăштармасан, тенĕ делегаци, хресченсем Каламата хулине (провинцин тĕп хули) кайма выçлăх похочĕ организациллеççĕ.

## Фашистла палачсене амнисти панă пирки Франци халăхĕ тарăхать

ПАРИЖ, февралĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Франци республикин советĕнче ĕнер Орадур-сюр Глан палачĕсене амнисти парасси çинчен калакан закон проектне сÿтсе явнă. Çак закон проектне унччен малтан Наци пухăвĕн реакциллĕ ытларахăшĕ йышăннă пулнă. Ирхине закон проектне республика совечĕн юридически комиссийĕнче пăхса тухма тăратнă пулнă. Анчах ăна йышăнман, мĕншĕн тесен, «Фигаро» хаçат каланă тăрăх, унăн комисси членĕсенчен пĕри те сасăламан. 7 çын хирĕç сасăланă. Комиссин 10 членĕ сасăлама тытăнса тăнă.

Апла пулсан та республика совечĕн реакциллĕ ытларахăшĕ пĕрлехи ларура амнисти çинчен калакан закон проектне çирĕплетнĕ. Ăна çирĕплетессишĕн 147 сасă панă, хирĕç 79 сасă пулнă (коммунистсем тата социалистсем).

«Комба» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Орадур-сюр-Глан мэрĕ Фожер закона хирĕç протестлесе, Орадур-сюр-Глана 1948 çулта наградăласа панă Вăрçă хĕресĕ ордена мэри витрини çинчен илсе пăрахнă.

«Бордо хулинчи трибунал йышăннă приговор пирки эпир хытă тарăхатпăр,— тенĕ Фожер. — Эпир çавăн пекех 1944 çулхи июнĕн 10-мĕшĕнче çынсене вĕлернишĕн айăплă преступниксене каçарасси çинчен закон йышăннă правительствăпа Наци пухăвĕн ытларахăшĕн ĕçĕ пирки те хытă тарăхатпăр. Эпир çакăн пек намăса чăтма пултараймастпăр».

«Комба» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Орадур-сюр Глапа кÿршĕллĕ коммунăсенчи 9 мэр Орадур палачĕсене амнисти панă пирки тарăхса резолюци йышăннă.

## ÇАР ПРЕСТУПНИКĔ АМЕРИКА ЗОНИНЧЕ ПЫТАНСА ПУРĂНАТЬ

ЛОНДОН, февралĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчĕ Боннран çапла пĕлтерет: нимĕçсен СС дивизийĕн командующийĕ пулнă Ламмердинг генерал Висбаденра (Америкăн Германири зони) пытанса пурăнать. Çав дивизи 1944 çулта Орадур-сюр-Глан ялне çĕмĕрсе тăкнă.

## ЯПОНИ РЕАКЦИЙĔ СЕХĔРЛЕНСЕ ÿКНĔ

ШАНХАЙ, февралĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Токиоран пĕлтернĕ тăрăх, Японири демократиллĕ вăйсем колониллĕ пусмăр йĕркине хирĕç кĕрешмелли куна активлă хатĕрленнĕ. Иртнĕ çул çак кун Японире халăх демонстрацийĕсем нумай пулнă. Демонстрацисем: «Хĕçпăшалланассине хирĕç!», «Çĕршывсен прĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн!» текен лозунгпа иртнĕ. Кăçал çак куна хатĕрленесси тата ытларах сарăлнă.

Халăх массисем никама пăхăнманлăхшăн, Америка оккупацийĕпе агрессине хирĕç кĕрешесси вăйланни Японири влаçра тăракан çынсене сехĕрлентерет. Халăх тарăхăвĕнчен хăраса, полици влаçĕсем тÿртен юнама пăхаççĕ.

Японири радио пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Токиори полици управленийĕнче чрезвычайнăй канашлу пулса иртнĕ. Унта февралĕн 21-мĕшĕнче столицăри пĕтĕм полицие тата Токио районĕнче вырнаçнă «наци хăрушсăрлăхĕн корпусĕн» чаçĕсене ура çине тăратма йышăннă. Çакна ăна «сулахай элементсен ĕçĕсене хирĕç тивĕçлĕ мерăсем йышăнма кирлĕ пулнăран» тунă, теççĕ.

## ТЕГЕРАНРА ВĂРÇĂ ЧУХНĔХИ ПЕК ЙĔРКЕНЕ ТАТА ТЕПĔР ВĂХĂТА ТĂСНĂ

ТЕГЕРАН, февралĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Правительство йышăннă тăрăх, Тегеранра тата унăн çывăхĕнчи вырăнсенче вăрçă чухнехи пек йĕркене февралĕн 18-мĕшĕнчен пуçласа тата тепĕр висĕ уйăхлăха тăсмалла тунă.

Тегеран губернаторĕ пулма Голям Хосейн Ваф генерала уйăрса лартнă.

Шупашкарти пионерсен çуртĕнче автомобиль вĕренмелли кружок ĕçлет. Хуларн çамрăксем (8—9-мĕш классенче вĕренекенсем) кружокра автомобиль ĕçне юратса вĕренеççĕ.

УКЕРЧЕК ÇИНЧЕ: кружок занятийĕнче. Кружокра вĕренекен В. Репкин «ЗИС-150» автомобиль пайĕсем çинчен каласа парать.

М. ЕГОРОВ фотоÿкерчĕкĕ.

# Ĕлĕк тата халĕ

## Патша салтакĕ тата совет воинĕ каласа панисем

Степан Дмитриевич Живов юлташ — ватă колхозник. Вăл патша çарĕнче тăватă çул салтак пулса пурăннă. Хăй çара мĕнле кайни çинчен, патша çарĕнчи салтаксен тертлĕ пурнăçĕ çинчен час-часах аса илет.

Акă, унпа пĕр çулхисене комиссине чĕнсе хут панă. Ялти çамрăксем хушшинче хурлăхлă юрă пуçланнă. Кашниех салтака илсе каяссипе хурланса йĕнĕ, вĕри куççуль тăкнă.

Вăл чаçе çитсе вырнаçнă. Çав тери тертлĕ те асаплă пурнăç пуçланнă. Мăшкăл тÿсмесĕр, патак çимесĕр кун иртмен унăн. «Ухмах», «наян» сăмахсемсĕр пуçне ырă сăмах илтмен вăл. Пĕрре офицер чинĕсенчен хăшĕ аслине каласа пама ыйтнă. Çамрăк салтак, службăна тин çитнĕскер, тата вырăсла та начар пĕлнĕ пирки, пăтраштарнă, тĕрĕс мар ответленĕ. Çавăншăн ăна шапалла çĕр хут сикме хушнă. Паллах, ытти мăшкăлсене те тÿсме тивнĕ. Патша, патша арăмĕ, наследник тата ыттисен ячĕсене кăшт пăтраштарнăшăнах темĕн тĕрлĕ йывăр наказанисем панă.

Патша салтакĕн нимĕнле право та пулман. Унăн пурнăçĕ казармăрах иртнĕ. Кунта вĕсен пуçсене йтлесе тинке тухнă. Кашни вырсарникун чиркĕве илсе кайнă, вăхăчĕ-вăхăчĕпе çылăх каçартарнă.

Апат-симĕç тĕлĕшĕнчен питĕ начар пулнă. Кашни эрнере икĕ кун типĕ тыттарнă. Çавăнпа та ĕнтĕ салтаксем хушшинче: «Шыв та çăкăр—салтак апачĕ»,—тенĕ сăмах сÿренĕ.

Патша çарĕн салтакĕ çар службн çине тĕрме çине пăхнă пекех пăхнă. Унта каясран, çав мăшкăла тÿсесрен пур майсемпе те хăтăлма тăрăшнă.

* * *

Михаил Борисович Михайлов юлташ — совет салтакĕ.

Михайлов юлташ шкулта вĕреннĕ чухнех Тăван çĕршывăн юрăхлă çын пулма хатĕрленнĕ, хăйĕн сывлăхне çирĕплетнĕ, шкулта тăрăшса вĕреннĕ.

Çара каяс вăхăт çывхарнă, хăйĕн тантăшĕсемпе пĕрле савăнса юрланă:

— Садра ландăш чечек пур,
Хăçан çеçки тухĕ-ши?
Çара кайма шухăш пур,
Хăçан вăхăт çитĕ-ши?

Çапла юрламалла пулнă та. Вăл Совет Çарĕн салтакĕ пулма чылай малтан хатĕрленнĕ, ГТО значкисчĕ пулнă.

Çара кайма вăхăт çитнĕ. Тăванĕсем, ял-йышĕсем ăна тулли савăнăçпа ăсатнă.

Тăван çĕршыва сыхласси пирĕн çĕршывра кашни гражданинăн чи таса тивĕçĕ пулса тăнинĕ М. Михайлов юлташ лайăх пĕлет. Вăл Совет Çарĕнче тăрăшса вĕреннĕ. Тăрăшса вĕренме унта пур условисем те çителĕклĕ пулнă. Апат лайăх, çипуç таса. Пушă вăхăтсенче кино курнă, хаçат-журнал вуланă, театрсене çÿренĕ, лекцисемпе докладсем итленĕ.

Совет Çарĕнче вăл пур правăсемпе те туллин усă курнă. Суйлав вăхăтĕнче суйлав комиссийĕн членĕ пулса ĕçленĕ. Хăйсен взводĕнче агитатор пулнă, боевой листоксем каларнă. Çартах вăл комсомола кĕнĕ.

Çар техникине вĕренес тĕлĕшпе лайăх тĕслĕхсем кăтартнă. Присягăна тĕрĕс пурнăçа кĕртсе пынă, пур ĕçре те примерлă пулнă. Ахальтен мар ăна часть командирĕ 39 хутчен тав тунă. Вăл Совет Çарĕнчен тулли кăмăлпа тăван ялне таврăнать, совет салтакĕ пулнăшăн чун-чĕререн савăнать.

Сартан килнĕ хыççăн илемлĕ рама ăшне хăйне çарта пана мухтав хутне çакса хунă. Унта: «Ефрейтору Михаилу Борисовичу Михайлову. За отличные показатели в боевой и политической учебе и безупречную службу в рядах Советской Армии Союза Советских Социалистических республик награждаю Вас настоящим похвальным листом.

Выражаю уверенность в том, что Вы впредь будете служить примером добросовестного исполнения своего долга перед Родиной», тесе çырнă.

Халĕ М. Михайлов юлташ колхозра тăрăшса ĕçлет, Тăван çĕршывăн оборона вăй-хăватне тĕреклетессишĕн кĕрешет. Колхоз ĕçĕнче малти ретре пынипе пĕрлех, обществăллă ĕçе те активлăн хутшăнать, колхозри комсомол организацийĕн секретарĕ пулса ĕçлет.

Çапла вăл—икĕ саманари икĕ салтак пурнăçĕ.

В. АНТОНОВ.

Первомайски районĕ, «Красный Флот» колхоз.

## *Хоккей вăййипе республикăра мала тухассишĕн*

Хоккей вăййипе республикăра мала тухассишĕн ирттерекен ăмăртура февралĕн 19-мĕшĕнчен Шупашкарти «Динамо» команди малта пынă. Çак команда пĕрре те выляса яман пулнă.

Динамовецсем Çĕмĕрлери «Красная звезда» спорт обществи командипе тĕл пулнă чухне те тăрăшса вылярĕç. Çапах та хăнасем «Динамо» командине 2:1 шутпа çĕнтерчĕç.

Етĕрнери «Искра» спорт обществин хоккей команди, Канашри «Локомотив» командинчен 6:3 шутпа выляса илсе, тепĕр çĕнтерÿ турĕ.

* * *

Февралĕн 20-мĕшĕнче чи малтан Çĕмĕрлери «Красная звезда» тата Етĕрнери «Искра» спорт обществисен хоккей командисем тĕл пулса вылярĕç. Вăйă 3:3 шутпа, нихăш команди те çĕнтерейменнипе вĕçленчĕ.

Чапаевски поселок командипе Канашри «Локомотив» спорт обществисен командисен тĕлпулăвĕнче шупашкарсем 6:1 шутпа çĕнтерчĕç. Шупашкарти «Динамо» тата «Пищевик» спорт обществисен командисем хушшинчи вăйăра динамовецсем 12:1 шутпа выляса илчĕç.

Шупашкарти «Молния» спорт обществин хоккей команди халĕ ăмăртура малта пыракан командăсенчен пĕри шутланать. Стадион хуçисем иртнĕ эрнекун республикăри вăйлă хоккей командисенчен пĕринпе — Çĕмĕрлери «Урожай» спорт обществи командипе тĕл пулса вылярĕç. Вăйă 2:1 шутпа, «Молния» спорт обществи команди çĕнтернипе пĕтрĕ.

## ВĂТАМ ШКУЛСЕНЧИ ВĔРЕНТÿ ПАЙ ЗАВЕДУЮЩИЙĔСЕН КУРСĔ

Шупашкарта учительсен пĕлĕвне ÿстерес тĕлĕшпе ĕçлекен институт çумĕнче вăтам шкулсенчи вĕрентÿ пайĕсен заведующийĕсен пĕр уйăхлăх курсĕ ĕçлерĕ.

Курсра пулнисем марксистла-ленинла философи, педагогикăпа психологи, вĕрентÿ пайĕн заведующийĕсен ĕçĕсен содержанийĕ, политехнизаци, планировани, учительсен ĕçĕсене тĕрĕслесси, шкулти методикăллă ĕçсем çинчен лекцисем итлерĕç.

А. СОТНИКОВ.

## ШКУЛ ÇУРЧĔ ТУМА ХАТĔРЛЕНЕÇÇĔ

ВĂРНАР. Вăрманкас ялĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз членĕсем пĕлтĕр ялти çичĕ çул вĕренмелли шкул валли çĕнĕ çурт тума йышăнчĕç. Çавăн хыççăн колхозниксем 80 кубометр чул, 180 фестметр йывăç, 37 пин кирпĕч хатĕрлерĕç. Халĕ строительство материалĕсене турттарса кăлараççĕ.

И. СТЕПАНОВ.

# Малта пыракан Досааф организацийĕсенче

Совет халăхĕ пирĕн çĕршывра коммунизм обществи тăвассишĕн хăйĕн пĕтĕм вăй-халне хурса ĕçлет. Çав вăхăтрах вăл капитализмлă йĕритавралăх çинчен те манмасть. Аслă Сталин Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флотне кулленех тĕреклетсе пыма кирли çинчен панă кăтартусене асра тытса, Совет Союзĕнчи ĕççыннисем çĕршывăн оборона хăватне тĕреклетме тăрăшаççĕ. Ĕççыннисем çĕршывăн хĕçпăшаллă вăйĕсемшĕн тăрăшни пур çĕрте те Досааф организацийĕсене тунинчен лайăх курăнать.

Пирĕн республикăри Досааф организацийĕсенчен нумайăшĕ, парти организацийĕсем ертсе пынипе, комсомолпа профсоюз организацийĕсем активлă пулăшса пынипе, ĕççыннисем хушшинче çар пĕлĕвĕсене сармалли центрсем пулса тăчĕç. Республикăри нумай патриотсем Досааф организацийĕсен ретĕнче тăраççĕ, тĕрлĕ çар специальноçне вĕренеççĕ.

Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводри Досааф организацийĕ—Чăваш республикинчи чи пысăк организацисенчен пĕри. Унта ПВХО кружокĕсем, мотоциклистсен курсĕсем, радистсен тата ытти специальноçсене вĕренмелли кружоксем ĕçлеççĕ. Заводри çамрăксем пуринчен ытларах пăшалтан тĕл перессипе тата мотоциклет спорчĕпе интересленеççĕ. Организацире мотоциклистсен яланхи команди пур. Заводри Л. Родионов, Л. Аникин, Е. Сперанский тата ытти мотоциклистсем иртнĕ çулта пулса иртнĕ ăмăртусенче малти вырăнсене йышăннă. Кашни цехри Досааф организацийĕ çумĕнчех пăшалтан тĕл перекенсен командисем ĕçлеççĕ. Командăсем ăста стрелок-разрядниксем нумай вĕрентсе хатĕрленĕ.

Заводри пуçламăш организацин комитечĕ (председателĕ коммунист А. Ильин юлташ) Досааф членĕсен вĕренĕвне кирлĕ пек ертсе пырать. Досаафăн мĕнпур цехсенчи организацисенче вырăнти Советсен суйлавĕ ячĕпе тата Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ 35 çул тултарнă ятпа пăшалтан тĕл перекенсен ăмăртăвĕсене ирттернĕ.

Досаафăн ялсенчи пуçламăш организацийĕсем те пысăк ĕçсем туса ирттереççĕ. Сăмахран, Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Коммунизм» колхозри Досааф организацине (председателĕ М. Герасимов юлташ) республика тулашĕнче те лайăх пĕлеççĕ. Колхозри çитĕннĕ çынсем пурте тенĕ пекех Досааф организацийĕн членĕсем пулса тăраççĕ. Фронтовиксем пулнă Г. Мочалов, В. Столяров, Н. Арефьев юлташсем ертсе пынипе Досааф членĕсем винтовка, пулемет пайĕсене, мотоциклпа, автомобильпе çÿреме вĕренеççĕ. Çапла, Общество активисчĕ В. Столяров юлташ иртнĕ çулта темиçе колхознике шофер специальноçне вĕрентнĕ. Досаафăн нумай членĕсем пăшалтан тĕл персе вĕренчĕç.

«Коммунизм» колхозри Досааф организацийĕ ĕçре пысăк çитĕнÿсем туни колхозра çар ĕçне вĕренме кирлĕ условисем туса панинчен килнĕ. Колхоз правленийĕ пĕчĕк калибрлă винтовкăсем, противогазсем, телеграф уççисем, çар литературипе плакатсем туяннă. Досааф членĕсем хăйсен вăйĕпе стрелковăй тир тунă.

Тунă çитĕнÿсемшĕн пуçламăш организацине Досаафăн республикăри Оргкомитечĕн куçса çÿрекен ялавĕпе наградăланă. Досаафăн СССР Оргкомитечĕн решенийĕ тăрăх, организацин ĕç опычĕ çинчен кĕске метражлă кинофильм ÿкернĕ.

Елчĕк районĕнчи Свердлов ячĕпе тăракан колхозри Досаафăн пуçламăш организацийĕ те пысăк çитĕнÿсем тунă. Ку колхозра çĕршер çын Общество членне кĕнĕ. Иртнĕ çулта пуçламăш организаци çумĕнче тĕл перекенсен ушкăнĕ, ПВХО кружокĕ, мотоциклистсен тата шоферсен курсĕсем хăйсен ĕçне вĕçленĕ. Кăçал пăшалтан тĕл перекенсен икĕ ушкăнне, парашюта йĕркелесе хуракансен ушкăнне, мотоциклистсемпе шоферсен курсĕсене уçнă.

Пуçламăш организацие Общество активисчĕсенчен тунă комитет ертсе пырать. Комитет составне колхоз председателĕ В. Скворцов, ял Совет председателĕ Ф. Иванов, колхозри парти организацийĕн секретарĕ Г. Добронравов, бригадирсем А. Плотников, В. Николаев, А. Доброхотов тата ытти активистсем те кĕнĕ. Вĕсем пурте Аслă Отечественнăй вăрçă участникĕсем пулнă. Колхоз организаци валли мотоцикл, йĕлтĕрсем, противогазсем, пĕчĕк калибрлă винтовкăсем туяннă.

Канаш районĕнчи «Канаш» колхозри Досааф членĕсем лайăх пуçару тунă: вĕсем хăйсен колхозне радиофикацилес задача лартнă. Досаафовецсен патриотла пуçарăвне ытти организацисем те ырланă. Досааф членĕсен вăйĕпе республикăри вуншар колхозсене радиофикациленĕ.

Çакăн пек лайăх ĕçлекен организацисем республикăра сахал мар. Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан, Канаш районĕнчи «Мотор», Вăрнар районĕнчи Каганович ячĕпе, Шверник ячĕпе, Мичурин ячĕпе тăракан колхозсенчи, Муркаш районĕнчи Тойкилтĕри çичĕ çул вĕренмелли шкулти, Вăрнарти вăтам шкулти, Чăваш ялхуçалăх институтĕнчи, педагогика институтĕнчи тата ытти çĕрти Досааф организацийĕсем ĕççыннисен массăллă организацийĕсем пулса тăчĕç.

Пирĕн республикăри ĕççыннисем, Досааф организацийĕсен ĕçне активлă хутшăнса, Тăван çĕршывăн оборонине тĕреклетес тĕлĕшпе патриотла пысăк ĕç тăваççĕ.

Ч. ЕВСТИГНЕЕВ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01009 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.